# КПСС XX СЪЕЗЧĔН РЕШЕНИЙĔСЕНЕ ПУРНĂÇЛАССИШĔН ПĔТĔМ ВĂЙ ХУРСА КĔРЕШĔР!

## Пысăк тухăçлă кукурузăшăн

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ партин XX съездĕнче тунă отчетлă докладра кукуруза акмалли çĕр лаптăкне ӳстерме кирлине тепĕр хут кăтартса пачĕ. Кукуруза туса илессине татăклăнах ӳстермесен, выльăх-чĕрлĕх валли силос тата концентратлă апатсем çителĕклĕ тăран хатĕрлеме май çук.

«Победа» колхоз иртнĕ çулсенче Чурачăк районĕнче кая юлнă артельсенчен пĕри пулнă. Çулсеренех кунта выльăх-чĕрлĕхе тăрантарма тырă, сĕтеклĕ апатсем сахал хатĕрленĕ. Çавна пула выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ те ӳсеймен. Сăмахран, кашни ĕнерен çулталăкра суса илекен сĕт пин литра та çитмен.

КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти Пленумĕ хыççăн колхоз правленийĕпе пуçламăш парторганизаци выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне 2—3 çул хушшинче татăклăнах ӳстерес тĕлĕшпе мероприятисем туса хатĕрлерĕç. Коммунистсем сĕннипе колхозниксем хамăр уй-хирте кукуруза акса тума йышăнчĕç. Ăна эпир пĕлтĕр 30 гектар акрăмăр.

Чăн та, кукуруза туса илме çанталăк условийĕсем ăнăçлах пулмарĕç, опыт та çителĕксĕр пулчĕ. Анчах, йышăнас пулать, пысăк тухăçлă кукуруза туса илесси чи малтан хамăртан, çак çĕнĕ культурăна акса тăвас ĕçĕн агротехникине лайăх пăхăнса пынинчен килет. Ăна эпир хамăр колхозрах куртăмăр. Иртнĕ кĕркунне кукурузăна тăм тиврĕ сиенлерĕ, апла пулин те И. Григорьев юлташăн бригади кукурузăн симĕс массине гектартан 150 центнер, Е. Степанов юлташ бригади 120 центнер пухса кĕртрĕç. Кукуруза массинчен 130 тонна силос хыврăмăр. Кунсăр пусне сĕрулин аврине пухса тепĕр шăтăк силос хывнă.

Кĕркунне юр çунă хыççăнах эпир ĕнесене силос пама тытăнтăмăр. Сĕрулин авринчен хунă силос ĕнесен сĕт тухăçлăхне ӳстерин питех сисĕнмерĕ. Кукуруза силосне пама тытăннă хыççăн вара пысăк улшăнусем пулчĕç. Унччен фермăри мĕнпур ĕнесенчен талăкра 60—70 литр сĕт илнĕ пулсан, кукуруза силосĕпе тăрантарма тытăннă хыççăн 110—120 литра çитрĕ. Калас пулать, ĕнесене паракан апатсен рационне эпир нăçал кукуруза *силосĕсĕр* пусне урăх нимех те хушман. Ĕне вити те нимпех. Апла пулин те дояркăсем кашни ĕнерен 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнчен тытăнса нăçалхи февралĕн 1-мĕшĕ тĕлне вăтам шутпа 444 литр сĕт суса илчĕç, ку вăл, иртнĕ çулхи çав вăхăтрипе танлаштарсан, 188 литр нумайрах. Фермăри работниксем халĕ пурте çапла калаççĕ: «Ĕнесен сĕт тухăçлăхне ӳстерме кукуруза силосĕ нумай пулăшрĕ», теççĕ.

Пирĕн дояркăсем КПСС XX съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва пысăк çĕкленӳпе хутшăнчĕç. Вĕсем нăçалхи хуçалăх çулĕнче кашни ĕнерен 1.700 литртан кая мар, съезд уçăлнă кун тĕлне 500 литртан кая мар сĕт суса илме сăмах панăччĕ. Хăйсен обязательствине вĕсем чыслăн пурнăçларĕç. Мария Иванова хăй пăхакан кашни ĕнерен февралĕн 15-мĕшĕ тĕлне—547 литр, Агафия Игнатьева—544 литр, пĕтĕм фермипе 506 литр сĕт суса илнĕ. Колхоз государствăна пĕрремĕш сур çулта сĕт памалли заданине тултарчĕ тата закуп шучĕпе пин литр ытла сутрĕ.

Кукуруза пысăк усăллине ăнланайман хăшпĕр çынсем халĕ те пур-ха. Вĕсем, иртнĕ çулта уйрăм колхозсенче тухăçлă кукуруза туса илейменнине асă илсе, кăçал та ку ĕç ăнас çук, тесе иккеленеççĕ. Ун пек çынсем кукуруза ытти культурăсенчен тухăçлăрах пулнине, вăл апат единици нумайрах панине шутласа пĕлме тăрăшмаççĕ. Акă пирĕн колхозăн иртнĕ çулхи итогĕсенчен хăшпĕр даннăйсене илсе пăхăпăр.

Пирĕн уй-хир бригадисем сĕлĕ кашни гектартан вăтам шутпа 9,4 центнер, урăхла каласан 960 апат единици, сĕлĕпе вика хутăшĕ 8,7 центнер—400 апат единици туса илчĕç. Выльăх апачĕ акса тăвакан бригада 3 гектар çинче кукурузăн симĕс массине кашни гектартан 150-шар центнер пухса кĕртрĕ. Ку вăл, малта пыракан колхозсенчипе танлаштарсан, 3—4 хут сахалрах пулин те, 3 пин апат единицине танлашать.

Пирĕн колхозниксем кукурузăна кăçал пĕлтĕрхинчен виçĕ хут нумайрах, пурĕ 95 гектар акма, унăн симĕс массине кашни гектартан 300 центнертан, ăнăс пек пулса çитнĕ пуçĕсене 25 центнертан кая мар туса илме обязательство йышăнчĕç. Симĕсĕле çулса выльăхсене çитерме тата шăтăкра силос хывма 50 гектар кукурузăна сĕртме пуссине акатпăр.

Кукуруза акмалли çĕр участокĕсене иртнĕ кĕркунне трафорпа лайăх тухалса хăварнă. Хамăр обязательствăсене ăнăçлăн пурнăçлассине кукуруза агротехникине, малта пыракан опыта тĕпĕлĕ вĕренсе алла илни, кукурузăна тĕрĕс акса лайăх пăхса ӳстерни тĕпе пырĕ.

Кукурузăн пĕр пайне алă ретлĕ сеялкăсемпе акма шутлатпăр, çав участок çине кашни гектар пусне 20 тонна тислĕк кăларатпăр. Тăватăл тĕмĕн лартнă чухне кашни йăвана çурса пыма гектар пусне 8—10 тонна сĕрнĕ тислĕк хатĕрлетпĕр.

«Победа» колхоз ĕçĕн çулĕ çине ç̆ĕнĕ. Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ аллуçалăхне çĕнĕрен вăйлăн аталантарас тĕлĕшпе палăртнă аслă программăна пирĕн колхозниксем пĕр çын пек пулса ырласçĕ. Тĕштырă хуçалăхне тĕрреклетни, выльăх апачĕн çирĕп никĕсне туса хуни, сусерен пысăк тухăçлă кукуруза туса илни пире выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине çитес çывăх çулсенчех икĕ—икĕ хут ытла ӳстерме май парĕ.

**Н. ВАСИЛЬЕВ.**
Чурачăк районĕнчи «Победа» колхоз агрономĕ.

## Паян колхозсенче

КАЛИНИНО, мартăн 1-мĕшĕ. (Телефонпа). Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн историлĕ решенийĕсене районти ĕçсыннисем хавасăн кĕтсе илчĕç. Предприятисемпе колхозсене йышлă пухусем пулса иртеççĕ. Карл Маркс ячĕпе, Хрущев ячĕпе тăракан тата «Дружба» ялхуçалăх артелĕсенчи колхозниксен пухăвĕсенче тырпул тухăçне, обществăлла выльăх-чĕрлĕхне унăн тухăçне ӳстерес енĕпе татăклă обязательствăсем йышăннă. Çак колхозсен ĕçченĕсем ултти́мĕш пилĕкçуллăхра ялхуçалăхĕ умĕнче тăракан задачăсене 1956—1957 çулсенчех пурнăçа кĕртме ĕмĕтленеççĕ.

— Коммунистсен партийĕ колхоз ĕçченĕсемшĕн куллен тăрăшнине хавхаланса,— терĕ колхоз председателĕ А. Поликарпова юлташ,—кăçал эпир тырпула иртнĕ çулхинчен 1,5 хут, выльăх-чĕрлĕх продукчĕ—2 хут ытларах туса илме пулатпăр. Эпир ĕçсыннисем валли апат-çимĕç продукчĕ, промышленность валли чĕртавар çителĕклĕ парса тăрăпăр.

Районти колхозсемпе предприятисенче съезд материалĕсене ĕçсыннисене ăнлантарас ыйтупа тăрăх агитаторсен семинарĕсемпе канашлăвĕсене иртереççĕ.

**М. ВАСИЛЬЕВ.**

## Кĕрешӳ вăйланса пырать

Вăрнар районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхозри коммунистсемпе комсомолецсем ял çыннисене КПСС XX съезчĕн ĕçĕсем çинчен тĕплĕн ăнлантарса параççĕ. Агитаторсене уйрăм участоксенче пурăнакан колхозниксем хушшинче агитацилле ĕçпе ĕçлеме çирĕплетнĕ. Агитколлектив членĕсем колхозниксем, выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕçлекенсем патĕнче тăтăшах пулаççĕ.

Ялхуçалăх ĕçченĕсем, съезд пропагандисчĕсене çĕнĕ çитĕнӳсем тунипе кĕтсе илме сăмах, хальтерех, халĕ тата пысăкрах обязательствăсем илеççĕ. Артель иртнĕ ялхуçалăх çулне ăнăçлăн вĕçленĕ. Колхоз кашни гектартан вăтам шутпа 14,8-шер центнер ыраш, 20-шер центнер сĕлĕ, 21,9-шер центнер пăрса пухса кĕртнĕ.

Колхозниксемпе колхозницăсем кăçал кашни гектартан 17-шер центнертан кая мар тĕштырă ӳстерсе илме, 200—250-шар центнер сĕрулми тата пахча çимĕçсем, 4—5-шер центнер кантăр сӳсĕ тата кантăр вăрри туса илме пулчĕç. Вăйлă тырпулăн пуçарнă кĕрешӳ анлăн сарăлса пырать. Уй-хире 5.000 тонна тислĕк, 250 тонна минераллă удобренисем кăлараççĕ.

Выльăх-чĕрлĕх пăхаканĕсем сĕт суса илес енĕпе ӳсĕмсем тунăшăн колхоза районти пуçĕн сӳрекен Хĕрлĕ ялава панă. Артель членĕсен ăмăртăвĕ пайланаççĕ кăна мар, вăйланса пырать.

**П. ЕГОРОВ.**
Агитатор.

## Ĕçри ç̆ĕкленӳ

КАНАШ. Чугун çул çинче ĕçлекенсем партин XX-мĕш съезчĕн материалĕсене тулли кăмăлпа вĕренеççĕ. Машинистсем, путеецсем, вагонниксем т. ыт. çĕнĕ çитĕнӳ тăвас, поездсене йĕркеллĕ сӳретес, ытларах груз турттарас тĕлĕшпе ĕçлеççĕ.

Депоран чылай машинистсем куллен нормăран ирттерсе сĕршер тонна груз турттараççĕ. Нумай пулмасть вĕлĕ машинист И. Шмелев юлташ Канашран Сĕмĕрлене йывăр тиенĕ поездпа нормăран ирттерсе 313 тонна груз турттарса пычĕ. Çав кунах Н. Пичкин машинист нормăран ирттерсе 310 тонна, С. Черников юлташ 150 тонна груз турттарса тухрĕç. Вĕсем техникăлла хăвăртлăха та чылай ӳстерчĕç.

— Ултти́мĕш пилĕкçуллăх совет çĕршывĕ умне пысăк задачăсем кăларса тăратать, — тет палла машинист Н. Пичкин юлташ. — Эпир, совет çыннисем, çĕнĕ пилĕк çуллăх плана срокчен пурнăçлавас пирки пĕрре те иккĕленместпĕр.

Станци коллективĕ те пысăк çĕкленӳпе ĕçлет. Вăл январь уйăхĕнче Хусан чугун çул çинче пĕрремĕш вырăн йышăнчĕ, чугун çул управленийĕн тата Дорпрофсожăн пуçа сӳрекен Хĕрлĕ ялавне илме тивĕçлĕ пулчĕ.

**Х. ЛИСИН.**

• • •

ЧКАЛОВСКИ. Калинин ячĕпе тăракан колхоз ĕçченĕсем, Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн решенийĕсемпе хавхаланса, çитес çуракине тимлĕн хатĕрленеççĕ.

Вăрлăхсене пĕтĕмпех сортласа çитернĕ. Ялхуçалăх машинисемпе ут таврашĕсем юсавлă. Минераллă удобренисем 100 тонна кӳрсе килнĕ. Уй-хире 4.300 лав ытла тислĕк кăларнă, 166 центнер кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ, 105 центнер кĕл пухса хунă.

Колхозниксемпе колхозницăсем, партин XX съезчĕн решенийĕсене пысăк çĕкленӳпе сӳтсе явса, çакăн пек обязательствăсем йышăнчĕç: кăçал кашни гектартан 15-шер центнер тĕштырă, 160-шар центнер сĕрулми, 250-шар центнер кукурузăн симĕс массине пухса кĕртмелле, кашни ĕнерен 1.500-шер килограмм сĕт суса, кашни сурăхран 3-шер килограмм çăм илсе илмелле.

**К. ВОРОБЬЕВ.**

Сĕрпӳ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз.
УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: зоотехник Ф. Яковлев юлташ дояркăсем не КПСС XX съезчĕн материалĕсемпе паллаштарать.
А. ПРИПАЛОВ фотоӳкерчĕкĕ.

## Строительсен ăмăртăвĕ

«Чăвашстрой» трестăн коллективĕ, КПСС XX съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнса, 1955 çулхи плана ирттерсе тултарчĕ.

Парти съезчĕ ĕçленĕ кунсенче коллективăн политикăлла активлăхĕпе ĕçри хастарлăхĕ çĕнĕ хăватпа вăйланчĕ. Çак кунсенче пулса иртнĕ пухусенче рабочисем, пĕр çын пек пулса, улттăмĕш пилĕкçуллăх плана срокчен тултарасшăн кĕрешме сăмах пачĕç, социализмла обязательствăсем йышăнчĕç.

Коллектив 1956 çулхи плана декабрĕн 25-мĕшĕ тĕлне пултарма, строительствăна ытлашши тăкакланас хакне 4,63 процент чакарма, ĕç тухăçлăхне планпа палăртнинчен 3 процент ӳстерме пулчĕ.

Пилĕк çулта чылай пурнăçлас тесен, трестăн строительствăна индустриализацилесе, монтажра туса кăларнă тимĕр-бетон тата бетон конструкцийĕсемпе тата деталĕсемпе анлăрах усă курмалла.

Пирĕн коллектив пултаруллă та хастар. Г. Николаев, Ф. Сычев, Г. Сычев, Г. Федоров тата М. Павлова *прорабсем ĕçе лайăх организацилеме тăрăшаççĕ*.

Педагогика институчĕн вĕренмелли корпус çуртĕнче ĕçсем анлăн пыраççĕ. Ĕç тухăçлăхне ӳстерес тесе Г. Николаев прораб штукатурка тăвас ĕçе механизацилерĕ. Раствор паракан насоспа усă курса, штукатурсем кашни кунне 200—250 квадратлă метр чухлĕ штукатурка тăвать. Ку вăл—ĕçри прогрессивлă мелет, ку меслетпе республикăри ытти стройкăсенче усă курмаççĕ-ха. З. Чуплыгина, Ли Ден Цуй штукатурсем съезд ячĕпе пуçарса янă ăмăртура ĕç нормине куллен 132—156 процент ытла тултараççĕ.

49 хваттерлĕ çурт тунă çĕрте перекрытисене сборнăй конструкцисенчен тăваççĕ. Кунта Н. Серов юлташ ертсе пыракан платниксен бригади лайăх ĕçлет.

— Съезд решенийĕсене пурнăçлас тесен пирĕн пуçаруллă пулмалла, ĕçе лайăх йĕркелемелле, малта пыракан меслетсемпе усă курмалла,—тет Серов юлташ. Поставушкин, Муравьев, Козлов каменщиксем, Сыромятников, Саляев, Колобов платниксем, Костин, Чернова, Глухов малярсем, Суслин, Грузков бетонщиксем, Сычев, Шерстнев монтажниксем паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ.

Анчах механизмсемпе усă курас енчен пирĕн нумай çитменлĕхсем пур-ха. *Коллектив çав çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерессишĕн, парти съезчĕ кăтартса панипе тылăн пурнăçлассишĕн вăй шеллемесĕр кĕрешет.*

**И. КОЗЛОВ.**
«Чăвашстрой» трестĕн главнăй инженерĕ.

## *Пысăкрах обязательствăсем илеççĕ*

СОВЕТСКИ. Районти ĕçсыннисем КПСС XX съезчĕн историлле решенийĕсене пысăк хавасăхпа кĕтсе илчĕç.

Çак кунсенче чылай колхозсенче тата трактор бригадисенче пухусемпе митингсем пулса иртрĕç. Агитаторсем партин XX съезчĕн ĕçĕсем çинчен докладсемпе калаçусем ирттереççĕ.

«Красное Сормово» колхоз членĕсен пухăвĕнче парти райкомĕн инструкторĕ Т. Исаев юлташ ял ĕçченĕсене КПСС XX съезчĕн ĕçĕсем çинчен каласа пачĕ. Вăл çĕнĕ пилĕкçуллăхра промышленноспа транспорта аталантарас, ялхуçалăхне çĕклес тата халăх пурнăçне малалла лайăхлатас тĕлĕшпе тумалли ĕçсем çинчен тĕплĕн ăнлантарчĕ.

Пухура тухса калакансем КПСС XX съезчĕн решенийĕсене тулли кăмăлпа ырларĕç. Вĕсем тырпул тухăçлăхне малалла ӳстерессишĕн тата выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне хăпартассишĕн тăрăшса ĕçлеме пулчĕç.

— Иртнĕ çулта пирĕн колхоз тĕштырă туса илес тĕлĕшпĕ хăшпĕр ӳсĕмсем турĕ. Висçĕмĕш бригада кашни гектартан 17-шер центнер ыраш, 15-шер центнер пăрça пухса илчĕ. Анчах тырпул тухăçлăхне ӳстерессишĕн пирĕн нумай ĕçлемелле-ха. Çĕнĕ пилĕкçуллăх тĕлĕшпе панă Директивăсене пурнăçлас тесе пирĕн, колхоз ĕçченĕсен, татах та тăрăшарах ĕçлемелле,—терĕ колхоз председателĕ А. Михеева юлташ.

Колхозлă ял ĕçченĕсем, КПСС XX съезчĕн решенийĕсене чун-чĕререн ырласа, çак решенисене пурнăçлассишĕн тăрăшса ĕçлеме пулаççĕ, хăйсем çине пысăкрах обязательствăсем илеççĕ. Акă, сăмахран, А. Владимировна М. Малеев трактористсем кăçал 1.500 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тума обязательство илнĕ. Улттăмĕш трактор бригадинчи механизаторсем (бригадирĕ В. Калашников юлташ) тракторсемпе ялхуçалăх машинисене юсаса çитернĕ, халĕ вĕсем колхозсене вăрлăх сортлама тата уйхи удобренисем кăларма пулăшаççĕ.

Районти ĕçсыннисен политикăлла тата ĕçри хастарлăхĕ ӳсех пырать.

**С. НАЛИМОВ.**

## Съезд материалĕсене вĕренеççĕ

Канаш районĕнчи Мăкăрти çичĕ çул вĕренмелли шкулти учительсем хăйсен идейăлла-политикăлла пĕлĕвне ӳстерес тĕлĕшпе куллен ĕçлеççĕ. Иртнĕ вĕренӳ çулĕнче вĕсем марксизм-ленинизм произведенийĕсене харпăр хăй тĕллĕн, кăçалхи вĕренӳ çулĕнче вара ку таранччен политикăлла экономика кружокра вĕренчĕç. Çак кружока шкул директорĕ, КПСС членĕ А. Павлов юлташ ертсе пырать.

Халĕ кружок членĕсем КПСС XX съезчĕн материалĕсене вĕренеççĕ. Чи малтанах вĕсем Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладне вĕренме тытăннă.

Кружокра вĕренекен юлташсем нумай ыйтусем параççĕ, час-часах хавхаланулă, юлташла калаçусем те пуçланса каяççĕ. Уйрăмах Н. Афанасьев, Н. Тимофеев, Я. Ксенофонтов юлташсем калаçăва активлă хутшăнаççĕ.

Калас пулать, кружок руководителĕ Павлов юлташ занятисене интереслĕ ирттерет, ăнланман ыйтусене тĕплĕн ăнлантарса парать.

Учительсем шкул ачисене воспитани парас ĕçе те чылай лайăхлатрĕç. Акă, тĕслĕхрен, 1954—1955 вĕренӳ çулĕнче ачасем шкулта ĕлкĕрсе пырасси 82 процент пулнă пулсан, кăçалхи пĕрремĕш çур çулта 87 процент шутланать.

Кружока çӳрекен юлташсенчен чылайăшĕ агитаторсем пулса ĕçлеççĕ. Хальхи вăхăтра вĕсем КПСС XX съезчĕн решенийĕсене колхозниксене ăнлантарса парас тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлеççĕ, колхозниксен килĕсенче, фермăсенче пулса калаçусем ирттереççĕ. И. Федотов коммунист «Комсомол» колхозри пуçламăш парторганизаци çумĕнчи кружока, И. Афанасьев коммунист — Хрущев ячĕпе тăракан колхозри комсомолецсен кружокне ертсе пыраççĕ. Çав кружоксенче те халĕ съезд материалĕсене вĕренме тытăннă.

**Г. ИЛЬИН.**

• • •

КАЛИНИНО. «Авангард» колхозри пуçламăш парторганизаци çумĕнче Коммунистсен партийĕн конференцийĕсемпе съезчĕсен решенийĕсене вĕренмелли кружок ĕçлет. Ăна çичĕ çул вĕренмелли шкул директорĕ В. Кудрявцев юлташ ертсе пырать. Кружока 17 çын çӳрет.

*Коммунистсемпе ялти актив* КПСС XX съезчĕн материалĕсене пысăк тимлĕхпе вĕренеççĕ. Юлашки занятире пропагандист партин XX съезчĕн историлле пĕтемлĕшĕ çинчен тĕплĕн ăнлантарса пачĕ. Ун хыççăн юлташла калаçу пуçланчĕ. Калаçу вăхăтĕнче чылай юлташсем «Авангард» колхоз ĕçĕнчи, уйрăмах выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри çитменлĕхсене тата вĕсене пĕтермелли майсене палăртрĕç.

Кружока çӳрекенсен ĕçри хастарлăхĕ ӳсет. Шорников юлташ ертсе пыракан бригада членĕсем 1956 çулта вăйлă тырпул туса илессишĕн куллен тăрăшса ĕçлеççĕ: уй-хире тислĕк турттараççĕ, кĕл тата кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ пухаççĕ, уя юр тытса хăвараççĕ, вăрлăхсене сортласа акма юрăхлă кондицие çитернĕ.

**В. ВИКТОРОВ.**

• • •

СĔРПӲ. Мичурин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем ĕçрен пушансан кашни каçах колхоз клубне пухăнаççĕ. Кунта клуб заведующийĕ А. Семенова юлташ КПСС XX съездĕнче Н. С. Хрущев юлташ тунă доклада вуласа ăнлантарса парать.

П. Илларионовна Г. Андреев агитаторсем фермăсенче ĕçлекенсене, ытти 37 агитатор—колхозниксен килĕсене кайса, съезд решенийĕсем çинчен калаçусем ирттереççĕ.

**Н. АМУРЦЕВ.**

## Çĕршыва аш-какай нумайрах туса парар!

Сысна фермин заведующийĕ пулса эпĕ улттăмĕш çул ĕçлетĕп. Хамăр ĕçри опытран çакă уççăн курăнчĕ: ферма работникĕсене ĕçлеме лайăх условисем тата сыснасене хупса усрама ăшă витесем туса памасăр, сыснасем ĕрчетес ĕçре ӳсĕмсем тума май çук. Висĕ çул каярах, сăмахран, пирĕн колхоз правленийĕ хăлкеки вăхăтра 300 çамрăк сысна усрама йышăнчĕ. Анчах та çавăн чухлĕ выльăх усрама пирĕн çителĕклĕ вите пулман. Çавăнпа та, нумай вăй-хал хурса ĕçлерĕмĕр пулин те, çак çулкине эпир ӳсĕмсем тăваймарăмăр. Çамрăк çурасем çăва пиtĕ ничар тухрĕç.

Саксене асра тытса, иртнĕ çул артель правленийĕ сыснасем валли çĕнĕ вите туса лартрĕ. Витен юписене кирпĕчрен купаласа тунă, стенисене хыр пĕренесенчен хывнă, лайăх мăкланă, чӳречесем пысăк, маччине хăма сарнă. Сыснасен усрамалли пӳлĕмĕсене чалăшшăн хăма урай сарнă, варрине цемент урай, хĕррисемпе шĕвек юхса каймалли вăлаксем тунă.

Витере хăлхеки вăхăтра та ăшă. Кунсăр пусне витене электричество кĕртнĕ, вăл каçхине 6 сехетрен пуçласа 9 сехетчен, ирхине 5 сехетрен çутатма пуçлать. Лайăх условисем туса пани ĕçре пысăк ăнăçлăх пуллине халĕ аванах куратпăр. Сăмахран, ку таранччен эпир хăлхехи вăхăтра усрама ытларах мартпа апрель уйăхĕсенче çăвăрланă çурасене хăварнă пулнă. Иртнĕ кĕркунне вара, ĕçлеме лайăх условисем туса панине кура, августпа сентябрь уйăхĕсенче çăвăрланă çурасене те усрама хăвартăмăр. Халĕ вĕсем таса та сывă çитĕнеççĕ.

Иртнĕ çул пирĕн ферма сухалакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пусне 26,7 центнер сысна ашĕ, кашни амаран вăтам шутпа 14-шар çура илчĕ. Лайăх ĕçлекен свинарьсем В. Лаптеева Н. Герасимова 16-шар çура илчĕç. Артелĕн сысна фермичен илнĕ тупăшĕ 172 пин тенкĕрен иртет.

Хамăр ĕçе эпир мĕнле тăвапăр-ха? Фермăра ĕç кунĕ ирхине 6 сехетре пуçланать. Фермăри мĕнпур ĕçсене çирĕп кун йĕрки тăрăх пурнăçласа пыратпăр.

Пирĕн фермăра 7 свинарь ĕçлет. Кашнинех 8 ама, пĕр аçа тата 22-шер çура пăхаççĕ. Свинарьсем çурасене мĕн самăртма хупиччен хăйсем пăхаççĕ.

Сысна амисене куна виçĕ хутчен—*ирхине 6 сехет çурăра,* кăнтăрла 11 сехет çурăра тата каçхине 7 *сехетре* апат паратпăр. Самăртма хупнă çурасене тата ыттисене те 4 хутчен — ирхине 6 сехет те 30 минутра, унтан 11 сехетре тата кăнтăрла иртни 4 сехетре, каçхине 7 сехет те 30 минутра апат паратпăр.

Сысна амисене талăкне 8 килограмм чухлĕ пĕçернĕ сĕрулми, 500 грамм концентратсем (комбикорм, сĕлĕ тата пăрça çăнăхĕсем), 2 килограмм силос, 300 грамм утă (ăна туратпăр, пăспа ăшăтса çемçететпĕр, сĕрулмине тата концентратсемпе лайăх хутăштаратпăр), кăмрăк, пурă, шăмă çăнăхĕ, 20 грамм тăвар паратпăр. Ăшăрах тата уяр çанталăксенче сыснасене кашни кунах 2—3 сехет хушши уçăлтарса çӳрететпĕр.

Сысна амисене уйрăм пӳлĕмсенче усратпăр. Вĕсене çăвăрлас умĕн 1 килограмм концентрат тата 3 килограмм чухлĕ силос паратпăр.

Сыснасене çăвăрлаттарас вăхăт—свинарьсемшĕн чи ответлă тапхăр. Çавăнпа та ун чухне дежурство йĕркелетпĕр.

Свинарьсем хăйсем пăхакан амасенчен çурасене хăйсем йышăнса илеççĕ. Вĕсем çурасене таса çĕтĕкпе шăлса типĕтеççĕ, иод шĕвекĕпе çăвассĕ, вара вĕсене чĕчĕ çине яраççĕ. Хăшпĕр амасем çурасем нумай пулаççĕ, чĕччисем те çитеймеççĕ, çавăн пек чухне ытлашши çурасене сахалтарах çуралнă амасем патне яни усăллă. Анчах çак ĕçе кирлĕ пек хатĕрлемесĕр тума май çук. Сысна шăршă лайăх пĕлет. Çавăнпа та вăл ют çурасене йышăнмасть, вĕсене çыртса вĕлерме пултарать. Çакна асра тытса, *урăх ама патне яракан* çурасене аман ытти çурисемпе пĕрле шăршă кĕрекен шĕвекне сĕрмелле, çавăн пек чухне ама ют çурасене уйăрса илеймест, *вĕсене лайăххах йышăнать.*

Пилĕк-улттă талăка çитнĕ çурасене ĕне сĕчĕ тата сĕлĕ çăнăхĕнчен шĕвĕ пăтă пĕçерсе пама пуçлатпăр. Малтанах 100 грамм сĕт тата 40—50 грамм сĕлĕ пăтти паратпăр, икĕ уйăх çитнĕ тĕле 1 литр сĕт тата 250—300 грамм сĕлĕ пăтти пама тытăнатпăр. Унсăр пусне улттă-çичĕ талăка çитнĕ çурасене 25—50 грамм ăшаланă сĕлĕ, тăвар, хĕрлĕ тăм, кăмрăк паратпăр. Çуркунне витаминлă апатсем хатĕрлес шутпа вишăна сĕлĕ хутăшĕ ирттерах акатпăр, ăна 10—15 сантиметр çитĕнсенех çурасене çулса çитерме пуçлатпăр. Çакăн пек икĕ уйăх хушши пăхнă хыççăн кăна çурасене амăшĕсенчен уйăратпăр.

Ĕçшĕн хушса тӳлемелли йĕркене артель правленийĕ анлăн усă курать. Сăмахран, свинарьсене çурасем илнĕ тăрăх тата вĕсене мĕнле пăхса çитĕнтернине кура ĕçкунĕ параççĕ. Икĕ уйăх хушшинче çура 8 килограмм туртакан пулсан, свинарь уншăн пĕр ĕçкунĕ илет. 10 килограма çитерсен—3 ĕçкунĕ, 10—12 килограма çитерсен—4 ĕçкунĕ, 12 килограмран ирттерсен—кашни çурашăн 5 ĕçкунĕ паратпăр. Çавăнпа та кашни свинарь хăй пăхакан амасенчен ытларах çурасем илме тата вĕсен йывăрăшне ытларах хушăнтарма тăрăшать.

Пирĕн колхоз правленийĕ сухалакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пусне сысна ашĕ туса илессине çултан-çул ӳстерсе пырас задача лартрĕ. Çавăнпа та халĕ фермăри ĕçсем те чылай улшăнчĕç. Иртнĕ çулсенче, сăмахран, кĕркуннехи çурасене ытларах сутса пĕтернĕ, халĕ вĕсене те усрама пуçларăмăр, 5—6 уйăха çитнĕ çурасене самăртма хупатпăр.

Самăртма хупнă сыснасене талăкра эпир 2—3 килограмм концентрат, симе *пултарнă чухлĕ сĕрулми, минераллă тата* витаминлă апатсем *паратпăр.* Фермăри сыснасем талăкра 500—800-шер грамм хутшăнаççĕ. 90 килограма çитсен, сыснасене государствăна е комисси йĕркипе сутма магазинсене паратпăр. Эпир кашни уйăхрах самăртма 25—30 сысна хупас задача лартрăмăр.

Сывă та йышлă çурасем илесси сысна амисемпе аçисем мĕнле пулнинчен нумай килет. Çавна эпир хамăр ĕçре яланах асра тытатпăр. Усрама сывă та нумай чĕчĕллĕ ама сыснасене хăваратпăр, вĕсене 3—4 хутчен кăна çăвăрлаттаратпăр, çурасене лайăх пăхакан тата йышлă çурасем тăвакан амасене кăна 5—6 хутчен çăвăрлаттарнă. Сыснасене чунтарас умĕн вĕсене паракан апат рационне ӳстеретпĕр. Сăмахран, концентратсем парасене 1,5 килограма çитеретпĕр. Çителĕклĕ тăрантарни сыснасен чупас вăхăтне çывăхартма пулăшать.

Сысна аçисене, пĕр йăхри амасемпе чунтарас мар тесе, 2—3 çул хушшинчех улăштаратпăр. Вĕсене çулталăкĕнех станоксенче усратпăр. Чунтарас вăхăт çитиччен аçасене уйăх çурă малтан апат ытларах пама пуçлатпăр. Вĕсене сĕрулмисĕр пусне талăкне концентратлă апатсем (сăхăпе пăрça) 2 килограмм чухлĕ паратпăр, куллен уçăлтарма кăларатпăр.

Фермăра ĕçлеме лайăх условисем туса пани, ĕçе тĕрĕс организацилени тата ĕçшĕн хушса тӳлемелли йĕркене çирĕп пурнăçа кĕртсе пыни пирĕн свинарьсене ĕçре лайăх ӳсĕмсем тума хавхалантарать. Çавна пула чылай свинарьсем çулталăкне 500—600 ĕçкунĕ ытла тăваççĕ. Артель правленийĕ иртнĕ çул кашни ĕçкунĕ çине 2,6-шер килограмм тĕштырă, 2-шер килограмм сĕрулми, 10-шар тенкĕ укçа, унсăр пусне утă-улăм та чылай валеçсе пачĕ.

Пирĕн колхозра *обществăлла хуçалăхра* тăрăшсан ĕçлекен колхозника палăртмасăр хăвармаççĕ. Сăмахран, В. Лаптев 8 çул хушши свинарь пулса ĕçлет. Вăл хăйĕн ĕçне вĕренсе çитнĕ специалист, ĕçре яланах лайăх тĕслĕхсем кăтартать. Ăна колхозри культура фончĕн шучĕпе кăнтăрти курортсенчен пĕрне канма кайма пушкăн путевка панă.

Хамăр ĕçри çитменлĕхсемпе туса çитереймен ĕçсене те палăртмасăр иртме çук. Сăмахран, кормозапарник фермăран инçетре ларать, ăна çак çулта икĕ вите хушшине куçарса лартма йышăннă. Иртнĕ çул кукуруза силосĕ хывса хăвараймарăмăр. Çакă та пире ĕçре пысăк чăрмав кӳрет. Çавăн пекех сыснасене апата йӳçĕтсе парассине пурнăçласа пыраймастпăр-ха.

КПСС XX съезчĕн материалĕсемпе паллашнă хыççăн, ферма работникĕсем кăçал сухалакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пусне 35-шер центнер сысна ашĕ, кашни амаран 18-шар çура илме пулчĕç.

**П. ЮХТАНОВ.**
Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозри сысна фермин заведующийĕ.

## Съезд решенийĕсемпе хавхаланса

КУКЕÇ. Районти предприятисемпе учрежденисенче, колхозсенче—пур çĕрте те съезд материалĕсене вĕренме тытăнчĕç. Колхозсенче пухусем пулаççĕ, вĕсенче партин XX съезчĕн решенийĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе ял ĕçченĕсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен сӳтсе яваççĕ.

Çак кунсенче «Знамя революции», «Память Ленина», Кадыков ячĕпе, Киров ячĕпе тăракан колхозсенчи выльăх-чĕрлĕх пăхаканĕсен канашлăвĕ пулса иртрĕ. Унта «Партин XX съезчĕн решенийĕсем тата колхозсем умĕнче тăракан задачăсем» тема тăрăх «Знамя революции» колхозри парторганизаци секретарĕ Шорков юлташ доклад туса пачĕ. Ун хыççăн колхозри сысна фермин заведующийĕ В. Никитин, нумай çулсем хушши доярка пулса ĕçлекен Л. Петрова юлташсем хăйсен ĕç опычĕпе паллаштарчĕç.

М. Кузьмина юлташ улттă çул хушши пĕр улшăнмасăр свинарка пулса ĕçлет. Вăл Партин XX съезчĕ выльăх-чĕрлĕх пăхакансем умне кăларса тăратнă задачăсене пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăя, пултарулăхна парса ĕçлеме пулса, хуçалăх çулĕнче кашни сысна аминчен 16-шар çурăран кая мар илме сăмах пачĕ.

Маленков ячĕпе тăракан колхозри колхозниксем хăйсен пĕрлехи пухăвĕнче кăçал кашни сăвакан ĕнерен 1.500 килограмм сĕт суса илме, 100 сурăхран 110 путек илме, кашни сурăхран 1,5 килограмран кая мар çăм касса илме, кашни сысна аминчен 16-шар çура илме, çĕнĕрен 200 пуç сысна самăртса, государствăна пама обязательство йышăннă.

Колхоз 1-мĕш кварталшăн аш-какай тата сĕт памалли плана ирттерсе тултарчĕ. Кăçалхи хуçалăх çулĕнчи тăватă уйăх хушшинче кашни 100 гектар çĕр пусне 10,5-шер центнер сысна ашĕ туса илнĕ. Кукуруза акмалли çĕр лаптăкĕ çине вуншар пин тонна тислĕк кăларнă.

**Ф. МАРКОВ.**
**А. ТИМОФЕЕВ.**

# Çуртсене хăвăрт, лайăх тумалла

Юлашки çулсенче Сĕмĕрлери 32-мĕш строительствăпа монтаж управленийĕ механизмсемпе оборудовани нумай кĕрсе килнĕ. Халĕ унăн краснĕ, автомашинăсем, бетон çăрмалли, раствор хатĕрлемелли установкăсем пур. Анчах кунта вĕсене тухăçлă ĕçлеттерме тăрăшмаççĕ.

Акă, тĕслĕхрен, 1955 çулта экскаватор хăвачĕпе çуррипе те усă курман. Иртнĕ çуркунне башньăллă кран илсе килнĕ. Ăна çийĕнчех вырнаçтарсан, паллах, грузсем çĕклесине чылай механизацилеме пулатчĕ. Ытлашши тăкаксем те сахалланатчĕç. Вак-тĕвек детальсем çитмен пирки крана вăхăтра вырнаçтарса лартайман, унпа çулталăкра тăватă уйăх кăна усă курнă. Управленин тăватă бетономешалка пур, вĕсемпе 74 процент кăна усă курнă.

— Механизмсемпе усă курма пирĕн ĕç вырăнĕ çитмест,—ўпкелешеççĕ управлени руководителĕсем. Çак сăмахсемпе илепле те килĕшме çук. Чылай ĕçсене, май пур çĕртенех, механизацилемен, материалсене ытларах алă вĕççĕн çĕклеççĕ. «Пионер» кран ахалех ларать. Раствор парса тăрассине те механизацилемен.

Строительствăра индустрилле меслетсемпе усă курни ĕçе хăвăртлатма, паха та сирĕп çуртсем тума май парать. Анчах кунта çакна хакламаççĕ. Управленире малта пыракансен опытне сарма тăрăшмаççĕ, комплексла бригадăсем организацилемеççĕ. Пĕлтĕр унтă рабочи Мускаври стройкăсенче пулнă, унти малта пыракансен опытне вĕреннĕ. Вĕсем çĕнĕ меслетсем çинчен ыттисене каласа пама пултарнă-и? Пултарнă. Анчах управлени руководителĕсем çак ĕçе организацилемен.

Рационализаторла сĕнўсене ĕçе вăраххăн кĕртеççĕ. Г. Долгов крановщик автокранпа автомашинăсем çине хăйăр, вак чул тиенĕ çĕрте усă курма сĕнў панă. Унăн сĕнĕвне производствăна кĕртни 7—8 çынна грузсем тиесрен хăтарма май панă. Автокран куркине Долгов юлташ хăй хатĕрленĕ чертежсем тăрăх тунă. Крана ĕçре сăнаса пăхнă. СМУ руководителĕсем кран куркине мухтанă. Апла пулин те унпа вак чул тиенĕ çĕрте усă курмаççĕ. Долгов юлташ тепĕр йышши курка тума сĕнў панă, малтанхи курка конструкцине татах урăхлатса çĕнетнĕ. Механик пулса ĕçленĕ П. Кравченко рационализаторăн паха ĕçне пўлме хăтланнă, çапла вара ăна творчествăлла ĕçрен пăрса янă.

— Долгова хаклама пĕлеймерĕмĕр. Тавам айăпĕпе пулса тухрĕ вăл, ăна пĕлсе мерĕм-ха,—тет управлени начальникĕ Г. Иванов юлташ.

Строительство организацийĕн руководителĕсен пĕртен-пĕр рационализаторăн паха сĕнĕвне ĕçе кĕртме вăхăт тупмалли пулнă ĕнтĕ.

Иртнĕ кĕркунне управленире бетонпа раствор хатĕрлекен цех туса лартнă. Кунта тимĕрбетон конструкцисем нумай хатĕрлеме пулать. Апла пулин те цех стройка ыйтăвĕсене тивĕçтереймест. Пропарочнăй камерăра сменăра 34 кубометр тимĕрбетон детальсем хытарма пулать. Халĕхе çав камера хăвачĕн çуррипе кăна усă кураççĕ.

— Блоксем хатĕрлеме формăсем çук,—тет прораб Босенков юлташ.

Тимĕрбетон конструкцисем хатĕрлеме формăсем тума йывăр мар, материал та нумай каймасть. «Пире тимĕрбетон детальсем нумай кирлĕ мар» теме пăхаççĕ управлени работникĕсем. Çакăнпа килĕшме çук. Строительство организацийĕ йывăç материалсем çитменнипе аптăрать, ачă ясли тунă çĕрте пĕренесем вырăнне виç-тăватă хăмана çыпăçтарнă та вырнаçтарса хунă. Строительствăра йывăçпа тата металпа ытларах усă курни ĕç хакне ўстерет. Ун пек ан пултăр тесен, çав материалсем вырăнне тимĕрбетон конструкцисемпе анăрах усă курмалла.

Стройкăра нумай вăхăт хушши ĕçлекенсем сахал. 1955 çулта, сăмахран, 129 çын ĕçе илнĕ, çав вăхăтрах 168 çын ĕçрен тăрса кайнă. Пысăк квалификациллĕ платниксем пулман пирки, управлени руководителĕсем ăнсăртран тупăннă платниксене вăхăтлăха ĕçлеме илеççĕ, лешсем вара ĕçшĕн темиçе хут ўстерсе тўлеме ыйтаççĕ.

Кадрсене тĕрĕс суйласа илсе ĕçе вырнаçтарман пиркинех строительство организацийĕ пысăк тăкаксем тăвать. Управленире Н. Клочков хушаматлă çын кладовщикре ĕçленĕ. Унăн кулленхи ĕçĕпе никам та интересленмен. Учетпа отчет ĕçне кирлĕ пек йĕркелеменнине пула Клочков строительство материалĕсене унталла-кунталла салатма пуçланă. Çапла вара, кĕске вăхăт хушшинчех 12 пин тенкĕлĕх государство пурлăхне хăй кĕсйине чикнĕ. Аслă прораб пулса ĕçленĕ Д. Хохряков та государствăна улталас çул çине тăнă, материалсене урлă-пирлĕ салатса пурăннă.

Строительсем валли тивĕçлĕ условисем туса паман. Уйрăмах ĕç укçи тўлессине начар йĕркеленĕ. Хăшпĕр чухне рабочисем уйăх-уйăхĕпе ĕç укçи илеймесĕр пурăнаççĕ. Общежитисенче сивĕ.

Строительсем лекцисемпе докладсем итлесшĕн, малта пыракансен опытне вĕренесшĕн, анчах кунта темиçе уйăх ĕнтĕ рабочисем хушшинче нимĕнле лекци те, доклад та ирттермен.

Строительствăра ытлашши тăкаксем тăвассине пĕтермен. Материалсене перекетлĕ тыткаламаççĕ. Строительство площадкине турттарса пынă чухнех кирпĕчĕн 20 процентне ытла ватса пĕтереççĕ. Иртнĕ çулта управлени материалсем, ĕç укçи тата накладной расходсем енĕпе 200 пин тенкĕ укçа ытлашши расходланă.

Ĕç пахалăхĕ çителĕксĕр. Иртнĕ çулта сĕтел-пукан комбиначĕн теплоэлектростанци çуртне лартнă. Ĕçе тĕплĕн туса хатĕрлемесĕрех çак çурта заказчика йышăнтарма пăхнă. Теплоэлектростанцин конденсат уесне, топливо парса тăмалли установкăна тата ытти нумай ĕççене туса пĕтермен. Комбинатăн 10-мĕш цех çуртне штукатурка туман. Рабочисен поселокĕнче çуртсене хутса ăшăтмалли котельнăй валли çурт лартнă, котельнăй валли оборудовани çителĕклĕ, анчах квалификациллĕ специалистсем пулман пирки унта ĕç чăрăнса ларнă.

Кăçал строительствăпа монтаж управленийĕн 16 хваттерлĕ çурт, ăча ясли, котельнăй туса лартмалла. Сĕтел-пукан комбиначĕн теплоэлектростанцине туса пĕтермелле, фанерострушечнăй цех çуртне тумалла т. ыт. те. Управлени январьпе февраль уйăхĕсен планне çуррине кăна тултарнă.

ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX съезчĕ панă Директивăсенче çапла калана: «Строительство индустрине малалла аталантармалла. Строительство срокĕсене чылай чакармалла, строительство ĕçĕн пахалăхне, уйрăмах пурăнмалли çуртсемпе культурăпа пĕлĕ учрежденийĕсен çурчĕсене тунă чухне, лайăхлатмалла. Пилĕкçуллăхра строительствăпа монтаж ĕçĕсен хакне сметăпа палăртнинчен 7 процентран кая мар йўнетмелле». Директивăсенче строительствăра ĕç тухăçлăхне 52 процентран кая мар ўстерме кирли çинчен каланă.

Управлени руководителĕсен çакăнтан тивĕçлĕ вывод тумалла. Рабочисем хушшинче социализмла ăмăртăва кулленех вăйлатнине пăхса пĕр тивĕç тултарса пырассишĕн пĕтĕм вăя хурса кĕрешмелле.

Çурт-йĕр паха та илемлĕ пултăр, йўне лартăр—çакна ялан асра тытмалла Сĕмĕрлери строительсен.

**Н. ГЕРАСИМОВ.**

ЎКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Канаш районĕнчи культура пайĕн чи лайăх киномеханикĕсенчен пĕри — П. Кротов юлташ.

С. ГУЩИН фотоўкерчĕкĕ.

## Мала тухрĕç

Канаш районĕнчи культура работникĕсем КПСС XX съезчĕ ĕçленнĕ куна пысăк çитĕнўсемпе кĕтсе илчĕç. Культура çуртĕнче пулнă савăнăçлă пухура Чăваш АССР Культура министрĕ П. Капитонов юлташ кино кăтартас енĕпе республикăра мала тухнăшăн районти культура пайне Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çўрекен Хĕрлĕ ялавне пачĕ. Кунпа пĕрлех чылай киномеханиксемпе клуб работникĕсем Хисеп грамотисем илчĕç. Вĕсем хушшинче У. Гаврилова, П. Соловьев киномеханиксем, клуб заведующийĕсем М. Михайлов, М. Кузьмин юлташсем пур. Культура работникĕсем кăçал тата лайăхрах ĕçлеме, кино кăтартмалли çулталăкри плана декабрĕн 5-мĕшĕ тĕлне тултарма сăмах пачĕç.

Иртнĕ çулсенче кино кăтартас тĕлĕшпе район юлса пыратчĕ. Кинопередвижкăсем хăшпĕр ялсене темиçешер уйăх пыманни нумай пулнă.

КПСС Канаш райкомĕ ĕççыннисене кино кăтартас ыйтăва пăхса тухса ĕçри çитменлĕхсене пĕтермелли майсене кăтартса панă хыççăн ку тĕлĕшпе ĕçе чылай лайăхлатнă. Культура пайĕ киномеханиксен квалификацине, политикăлла тата культурăлла танлăкуçăмне ўстерес, дисциплинине çирĕплетес енĕпе чылай ĕçсем туса ирттерчĕ. Кашни киномеханике уйрăм маршрут панă, пурте план тăрăх ĕçлеççĕ.

Халĕ районта 10 киномеханик 30 колхозра кино кăтартать. Вĕсем хушшинче опытлă киномеханиксем сахал мар. П. Кротов юлташ, сăмахран, киномеханикре 28 çул хушши ĕçлет. Кирек хăш сеанса та йĕркеллĕ ирттерет, аппаратурăпа фильм копийĕсене тирпейлĕ тыткалать. Чăваш АССР Культура министерстви ăна «Чи лайăх киномеханик» ятне панă.

— Иртнĕ çул эпĕ ĕççыннисене кино кăтартса 30 пин тенкĕ укçа пухнăччĕ, кăçал 40 пин тенке çитерме тăрăшатăп,—тет П. Кротов юлташ.

Киномеханиксем ялхуçалăх фильмĕсен фестивальне ирттерес ĕçе те активлăн хутшăнчĕç. Ялхуçалăх фильмĕсем кăтартас тĕлĕшпе колхозсемпе договор тунă. Колхоз правленийĕсем, ялхуçалăх специалисчĕсем, культура работникĕсем çав фестивале ăнăçлă ирттерме пулăшаççĕ. Акă, «Искра» колхоз председателĕ Н. Григорьев юлташ киномеханике ялан ăшă кăмăлпа кĕтсе илет. Ялхуçалăх фильмне кăтартас умĕн кунта лекци ирттереççĕ, ыйтусемпе ответсем нумай параççĕ.

Ялхуçалăх фильмĕсем кăтартассине Шверник ячĕпе, Крупская ячĕпе тăракан колхозсенче те аван йĕркеленĕ.

Ĕçре çитменлĕхсем те сахал мар-ха. Муллавар, Кĕлте çулĕ, Семеновка ялĕсем пĕчĕккĕ. Çавăнпа хăшпĕр киномеханиксем унта икĕ-виçĕ уйăхра пĕрре çеç пыркалаççĕ. Н. Алексеев юлташ маршрута пăсать, киноаппаратурăпа ĕçлеме пĕлмен çынсене парса юрăхсăра кăларать. Ф. Исаев киномеханик те февральте тăватă кун хушши кино кăтартман.

Ял Совечĕсемпе колхоз правленийĕсем клубсенче кино кăтартма лайăх условисем туса памаççĕ. Карăклăра, сăмахран, клуб питĕ сивĕ пулать, парса тăма пукансем çитмеççĕ, таса мар.

**И. КУЗЬМИН.**
Районти культура çурчĕн директорĕ.

## Киномеханик опычĕ çинчен

Вăрнар районĕнче передвижкăпа ĕçлекен киномеханик Евстафий Захаров республикăра чи лайăх киномеханиксенчен пĕри шутланать. Вăл 1955 çулта кино кăтартмалли плана 163,8 процент, 1956 çулхи пĕрремĕш квартал планне уйăх çурăра—партин XX съезчĕ уçăлнă кун тĕлне тултарнă.

Захаров киномеханикĕн паха ĕç опытне анлăн сарас тесе, Чăваш АССР Культура министерстви ятарласа кĕнеке пичетлесе кăларчĕ. Кĕнеке авторĕ Культура министерствин инженерĕ И. Михайлов. Кĕнеке 1.000 экземпляр пичетленсе тухнă.

### КИОСКСЕНЧЕ ĔÇЛЕКЕНСЕН СЕМИНАРĔ

Республикăри «Союзпечать» уйрăмĕ районсемпе хуласенчи киоскесенче ĕçлекенсен пунăкунлăх семинарне ирттерчĕ. Семинарта 27 çын пулнă. Вĕсем «Союзпечать» киоскĕсен ĕçне йĕркелесси, ĕççыннисем хушшинче хаçат-журнал сарасси çинчен лекцисемпе докладсем итленĕ, Шупашкар хулинчи киосксен ĕçĕсемпе паллашнă.

# Строительство материалĕсем хатĕрлес ĕçе вăйлатмалла

Шăхасан районĕнчи колхозсем иртнĕ çул строительство ĕçĕ çине тимлĕрех пăхрĕç. Обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли çĕнĕ витесем, çĕрулми тата пахча çимĕç хранилищисем нумай туса лартнă, кивĕ çурт-йĕрсене юсанă. Район сурăх витисем тумалли плана икĕ хут ирттерсе тултарнă, пăру витисем те планпа палăртнинчен ытларах тунă. Колхозсем халĕ çурт-йĕрсене пуринчен ытла типовой проект тăрăх тума тăрăшаççĕ.

Çапах та, районĕпе илсен, строительство ĕçĕсене кирлĕ пек сарса ярайманха. Выльăх витисем тумалли плана кунта уйрăм колхозсен шучĕпе çеç тултарма пултарнă. Уйрăмах пысăк тупăш паракан выльăх-чĕрлĕх валли витесем тăвас ĕç начар пырать. Иртнĕ çулта, сăмахран, 350 ĕне вырнаçмалăх пилĕк вите тума палăртнă пулнă, икĕ вите кăна тунă.

Пĕлтĕр Маленков ячĕпе тăракан, «Гвардеец», «Победа» колхозсенче ĕне витисем, «За коммунизм», «Слава», «Красный Октябрь» колхозсенче сысна витисем тума палăртнă, анчах вĕсене халĕ те тума тытăнман.

Нумай колхозсем строительство материалĕсем хатĕрлес ĕç çине çиелтен пăхаççĕ. «Гвардеец» колхоз, сăмахран, хăйне 1954 çулта панă вăрмана паянхи куна çитсе те пĕтĕмпех касса хатĕрлемен, Мăрат вăрман хуçалăхĕнчи пĕр делянкăна колхоз председателĕ урăх колхоза панă.

Маленков ячĕпе тăракан колхоз хăйне государство çулталăк каялла уйăрса панă вăрмана çулла июль уйăхĕнче каснă, ăна çийĕнчех турттарма автомашина та, лашасем те пулнă. Анчах 200 кубометр йывăça халĕ те турттарса килмен.

— МТС тракторсем памарĕ, çавăнпа кўрсе килеймерĕмĕр-ха,—тет колхоз председателĕ Сергеев юлташ.

Кăçал районти колхозсене строительство валли Канаш, Йĕпреç тата Кире вăрман хуçалăхĕсенче 6.300 кубометр ытла йывăç уйăрса панă. Анчах хăшпĕр колхозсем çав вăрмана халĕ те касма тытăнман.

— Халĕ вăрманта ĕçлеме май çук, юр тарăн, çуллаччен темĕнле çанталăк та пулĕ-ха, вăхăт нумай, ĕлкĕрĕпĕр,—тет «Молодой колхозник» колхоз председателĕ Герасимов юлташ.

Кăçал районти колхозсенче 400 пуç ĕне, 366 пăру, 891 сысна, 800 сурăх, 2.500 чăх, 6.200 чăх чĕппи вырнаçмалăх витесем, выльăх фермисенче ĕçлекенсем валли 9 общежити тума палăртнă. Кунсăр пуçне силос сооруженийĕсемпе çĕрулми тата пахча çимĕç хранилищисем, гаражсем, обществăлла ытти çурт-йĕрсем чылай тумалла. Асăннă çурт-йĕрсене вăхăтра туса лартасси хальхи вăхăтра строительство материалĕсем хатĕрлесе турттарнинчен килет. Çакна малта пыракан колхозсем лайăх ăнланаççĕ. Ахальтен мар строительство материалĕсене вĕсем хĕллехи вăхăтра хатĕрлесе çитерме тăрăшаççĕ. Мичурин ячĕпе тăракан колхоз пĕлтĕр пăру вити, 1.000 пуç валли чăх-чĕп вити туса лартнă, ытти çурт-йĕрсене тĕпрен юсанă. Вăл хăйне панă строяматериалпа çеç мар, ытти çĕртен тупнă материалсемпе те пĕтĕмпех усă курнă. Кăçал кунта сысна вити тата тепĕр птичник, çĕрулми хранилищи, 500 тонна кĕрекен силос сооруженийĕ тумалла. Колхоз кĕске вăхăт хушшинчех 157 кубометр йывăç материал хатĕрлесе турттарчĕ. Ку ĕçре ăна МТС-ăн 7-мĕш трактор бригадинчи трактористсем аван пулăшаççĕ.

Сталин ячĕпе, Ленин ячĕпе, Калинин ячĕпе тăракан колхозсенче те строительство ĕçĕ анлăн саралнă.

Малта пыракансен опычĕ районта строительство ĕçне анлăн сарса яма майсем пуррине кăтартса парать. Ку ĕçе колхоз руководителĕсем лайăхрах организациленн, райсовет исполкомĕ енчен тăтăшах контроль туса пыни çеç кирлĕ.

**Х. ЛИСИН.**
(Хамăр корр.).

## Йывăç турттарасси мĕншĕн юлса пырать

Чăваш АССР Топливо промышленность управленине пăхăнса тăракан Чкаловски вăрманпромхоз 1-мĕш кварталти плана ирттерсе тултарассишĕн кĕрешет. Вăрманпромхоз делянкисем çинче Жданов ячĕпе тăракан колхоз членĕсем ĕçлеççĕ. Вĕсем, ĕççыннисене тата колхозсене вутă, пĕрене кирлине шута илсе, договора малалла тăсрĕç, кăçалхи кĕркуннеччченех ĕçлеме кăмăл турĕç. Ку хĕлте вăрманта ĕçлеме условисем йывăр пулчĕç, çапах та кадрти рабочисем нормăна ирттерсе тултараççĕ. Съезд ячĕпе вахтăна тăрса, М. Якушев, Х. Хамбиков тата С. Юсуповпа ыйлĕ кунсерен 2,6 кубометр вырăнне 3,5 кубометр йывăç касса хатĕрлерĕç.

Анчах касса хатĕрленĕ йывăça, уйрăмах ĕçе юрăхлине турттарса тухасси, юлса пырать. Райисполком çирĕплетнĕ тăрăх, йывăç турттарас ĕçе районти Мичурин ячĕпе, Ворошилов ячĕпе тăракан колхозсем тумалла. Асăннă колхозсен руководителĕсем государство планне пурнăçласси çине çиелтен пăхаççĕ.

КПСС обкомĕн бюровĕ февралĕн 15-мĕшĕпе мартăн 15-мĕшĕ хушшинче пĕрремĕш кварталта вăрман хатĕрлемелли плана тултарса çитермелли уйăхлăх ирттерме йышăнчĕ. Райплан председателĕ А. Волков юлташ тĕрĕслесе тăман пирки асăннă колхозсем уйăхлăха хутшăнмасăр тăраççĕ. Туртăм вăйĕ çителĕклĕ уйăрса памаирăн пĕр колхоз та çак сезонта йывăç турттармалли плана 30 процентран ытла тултарман.

Каснă йывăçа турттарса кăларасси юлса пынине пĕтерме колхоз руководителĕсем пире лавсем уйăрса парса пулăшма тивĕçлĕ.

**Ш. БАГМАНОВ.**
Чкаловски вăрманпромхоз директорĕ.

## Йывăç хатĕрлеççĕ

ИШЛЕЙ. Жданов ячĕпе тăракан колхоз юлашки çулсенче выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçе чылай лайăхлатрĕ. Çавна май, выльăхсенчен продукци илесси те ўссех пырать.

Çĕнĕ хуçалăх çулĕн малтанхи виçĕ уйăхĕнче, иртнĕ çулхи çав вăхăтрипе танлаштарсан, кашни ĕне пуçне 66-шар литр сĕт ытларах суса илнĕ, январь уйăхĕнче те ĕнесенчен сĕт суса илесси чылай ўснĕ.

Анчах та выльăх-чĕрлĕхрен продукци илессине ўстерме колхоза лайăх витесем çителĕксĕрри хытă кансĕрлет. Çавна шута илсе, артель правленийĕ кăçал ĕнесем тата сыснасем валли типовой проект тăрăх витесем тума тата выльăх-чĕрлĕх пăхакансем валли общежитисем лартма йышăнчĕ.

Халĕ колхозниксем вăрманта тăрăшсах йывăç хатĕрлеççĕ. Вĕсем 200 фестметр ытла йывăç кăларчĕç. Йывăç хатĕрленĕ çĕрте И. Игнатьев, И. Марков, С. Васильев, Д. Александров колхозниксем, М. Шумиловăпа Ф. Осипова колхозницăсем уйрăмах тăрăшса ĕçлеççĕ, кулленхи нормăна 1,5—2 хут ирттерсе тултараççĕ.

**И. ВАСИЛЬЕВ.**

# Туйăмпа ăсталăх

### Çамрăксен сăввисем пирки

Редакцие кулленех сăвăсемпе такмаксем килсе тăни халăх пуян шухăш-кăмăлпа пурăннине пĕлтерет; конвертсенчен нимĕнле шухăша илсе хут татăкисем мар, çутçанталăк илемĕ те, çын чунĕ те килсе тухать, çавăнпа та ĕнтĕ çамрăксен нумайрах чухне писсе çитмен сăввисене алă сулса иртни киревсĕр ĕç пулнă пулĕччĕ. Пĕр паллă поэт та юмахри Иван пек сасартăках пĕр ирхине паттăр пулса сиксе тăман, ăсталăх каргие кĕрсе çитмен сăвăсем çырса перо вĕçне сахал мар хăйранă, таттисыпписĕр ĕçлесе пынипе кăна литературăн йывăр ĕçне вĕреннĕ. Вĕренсе çитнĕ тени тĕрĕс пулмĕ, мĕншĕн тесен вĕренессин вĕçĕ те, хĕрри те çук, паян вĕренни ыранхи вĕренўре пулăшса кăна пырать, пĕр пусăм çинчен тепĕр çўлĕ пусăм çине сикме вăйпа хăват парать.

Тĕрĕссине каласа хăварас пулать: редакцисене сăвăсем ярса тĕракансем нумайăшĕ сăвă çырассине пуса сĕмĕрсе тумалли тăкăскă ĕç вырăнне мар, çăмăлттай вăйă вырăнне хураççĕ, чарăну паллисене лартмасăрах васкаса çырса пĕтереççĕ те сăвăсене черниил типпĕ-типпемех конверта чикеççĕ. Вара редакцири çынсен сăмах кунинче ахах пĕрчисем шырамалла, япатмалла, тўрлетмелле, çитменнине çитермелле, ытлашшине чакармалла. «Эпĕ ку сăвă пеккине питĕ васкаса çыртăм,—тесе çырать пĕри.—Эсир унта тўрлетĕр те пичетлесе кăларăр. Эпĕ малашне, сирĕн тўрлетўсене пăхса, сăвăсене тăрăшса çырăп». Ку çамрăк юлташ хăйĕн хушаматне сума сумасть, редакцири çынсем унăн сăввине е хытă тўрлетнĕ, е сĕнĕрен çырнă хыççăн хăй хушамачĕ тăнине кăна курасшăн, вара юлташĕсем умĕнче поэт ятне илтесшĕн.

Поэт е юрăçă тени кирек хăш ĕмĕрте те халăх умĕнче питĕ хисеплĕ ят пулнă. Поэта чĕлхен асамçи вырăнне шутланă. Поэт илемех халăхăн чĕринче вăрмаса тăракан шухăшсене каланă, унăн кĕсле хĕлĕхĕсене самана çилĕсем хускатса тăнă. Халĕ пирĕн совет саманинче поэтăн вырăнĕ татах та ўссе кайрĕ.

Чăваш халăхĕ ĕлĕкренех юрăçăсене хисепленĕ, юрăçисем те кăмăл çĕкленмен чухне юрлама вăтаннă, хăйман, çынсен чĕрисене интерменле сăвăсем хатĕрленĕ. Çак шухăша çирĕплетме ĕлĕкхи юрăран пĕр сыпăк илĕпĕр.

Атăлăн леш енче мĕн ĕçлеççĕ?
Чĕнтен тилхепесем яваççĕ.
Варрисене пурçăн та хураççĕ,
Вĕçĕсене укасем яраççĕ.

Тытсаях та курăттăм эпĕ ăна,
Уки тĕпренесрен хăратăп.
Тăрсаях та юрлăттăм сирĕн умăрта,
Чĕлхе йăнăшасран хăратăп.

Çапла ĕнтĕ, юрăçă хăй пусĕнче юрă кĕвĕленине хитре те хивре тилхепе явнипе танлаштарать, кĕрекери хăнасем умĕнче чĕлхи такăнасран, юрă кĕвви те, шухăшĕ те пăсăласран, хăйĕн ятне ярасран хăрать. Кĕрекере, паллах, халăх ытла нумаях пулман, çапах та чăн-чăн юрăçă вĕсене хисепленине пĕрле хăй ятне те хисепленĕ. Халĕ ĕнтĕ эпир пĕр пўтри хăна кĕреки пирки мар, пысăкрах масштаб пирки шухăша каятăр. Литературăна юратакан çамрăк çын редакцисене сăвăсем çырса ярать, тархасласа пичетлесе кăларма ыйтать. Унăн сăввине çич-сакăр çын кăна мар, темиçе пин çын вуламалла, анчах вăл чĕлхи йăнăшасран хăрать-и, вулавансен юрă кăмăлне пăсасран именет-и, вăтанать-и? Çакăн пирки пирĕн çамрăк юлташсем чухласах шухăша каймаççĕ, вулакансем мĕн кĕтнине асра тытсах тăмаççĕ. Халăх юрринче ун пирки те тарăн шухăша кайни пур.

Çак тăвансем асăма, ай, килсессĕн,
Кĕсне çĕрте виççĕ вăрантăм,—

тенĕ юрă ăсти, юррине ырă тăванĕсем умĕнче юрласа париччен чи хитре сăмахсене суйланă, пусне капăнса килнисенчен, чи витĕмлĕ сăмахсене, аслăран та аслă Пушкин каларăшле, чĕрене çунтаракан глаголсене суйласа илнĕ, вĕсене сăвăн яравне килĕштерсе кĕртнĕ.

Редакцие Элĕк районĕнчен Н. Александров «Тăван çĕршыв» ятлă сăвă ярса панă:

Хам çĕршывна эп савăнатăп,
Савăнап ун чапĕне.
Савăнмасăр, пурнăç тулăх.
Савăнап та мухтанап...

„Малалла та сăвă çаплах тăсăлать, сăмахпа сăмах çыхăнса тăмасть, кĕвве кĕрсе пыни пĕр вырăнта та сисĕнмест. Кунта савăнăç çинчен калакан сăмаха тăватă хут çырса иртнĕ, анчах вулакан савăнма мар, чĕлхе такăнса пынине кура кўренме кăна пултарать. Ку сăвва автор пĕтĕм чунтан тăрăшса çырас пулсан, кĕске çĕр хушшинче виçĕ хут вăранĕччĕ, темиçе хут вуласа мĕнле янранине тĕрĕслесе пăхĕччĕ, юлташĕсене вуласа парса вĕсен шухăшне пĕлесшĕн пулĕччĕ. Анчах вăл пĕрре ларнă та çырса хунă.

Александров хăй те тивçăрсах илмен, унăн виç-тăватă хут сывласа илнĕ хушăра васкаса çырнă хучĕ пысăк çул çине тухса кайнă, темиçе почтальон алли витĕр тухнă, редакци çуртне пырса кĕнĕ. Редакцири çын вулать, «юрăхсăр» тесе каланн çителĕксĕр, автор патне чылаях вăрăм çыру çырмалла, мĕншĕн начар пулнине пĕлтермелле, тăрăшса çырман «сăвă пеккине» тăрăшсах тишкерсе тухмалла. Юлашкинчен автора та, редакцие те, вулакана та усси çук. Начар япала начарах, вăл мĕншĕн начаррине ăнлантарса пани «карăш тени мĕн тени?» тенĕ пек пулса тухать.

Эпĕ çамрăк юлташсене кўрентересшĕн мар, редакцисемпе ан çыхăнăр, тесе каласшăн мар. Сăвă çыракансен йышĕ ўссе пыни пире пурне те савăнтарать, литературăра ĕçлекенсен талантлă ушкăнĕ ўссе пырасса шантарать. Анчах çырулăх ĕçне хутшăнма тăрăшакан кăвар чĕреллĕ юлташсен хăйсен ĕçĕ çине тинкеререх пăхмалла, поэт ятне паракан телей кĕтмен çĕртен сиксе тухасса кĕтмелле мар, вĕренсе пымалла, пĕрре çырнине пĕрре мар, темиçе хут та тўрлетме пĕлмелле.

Литература вăл ĕçчене, пăртаксă çитĕнў пулнипе чăрăнса тăман çынна юратать. Çамрăк юлташсем çыру ĕçĕнче тирпейлĕхе пĕлсе çитмеççĕ; вĕсен, нумайăшĕн черновик пекки те çук. Пĕтĕм тĕнчипе пысăк писатель Лев Толстой, епле тĕлĕнмелле ăста пулсан та, хăй произведенийĕсене вуншар хут тўрлетсе çырнă, çапах та вĕçне çитертĕм тесе хăпланман, тепĕр хут кăларнă чухне çĕнĕрен якатнă.

Шăхасан районĕнчен Г. Романов çапла çырать:

...Эп тухап ирсерен
Сак Çавал хĕррине уçăлма.
Усă сывлăшпала
Ман кăкăрăм тулать.
Нумайрах пурăнассăм килет.

Романов хăй сăввине юратса çырман, хăйне хăй сума суман, çавăнпа та ĕнтĕ никам чĕри патне те пыман япала пулса тухнă. Кунта пĕртен-пĕр лайăх шухăш пур. «Нумайрах пурăнассăм килет»,—тет Романов, анчах çакă пысăк туйăма сарлакан илме пĕлмен те, тăрăшман та. Тăрăшмасăр тăри те юрламасть, теççĕ.

Шăхасан районĕнчи тепĕр çамрăк юлташ В. Григорьев «Вăрманта» ятлă сăвă çырнă:

Вăрманта эпир чупатпăр,
Такăнатпăр пĕрмаях,
Е хăш чух эпир утатпăр
Шăкăл-шакăл калаçса.

Ак кĕçех эпир çитетпĕр
Çырласем пур вырăна,
Унтан тин вара каятпăр
Кăмпасем пур вырăна.

«Хисеплĕ редакци, — тет çырăвĕнче В. Григорьев,—çакă çырура эпĕ çакă сăвăсене кăна яратăп. Çакă сăвăсем пичетленсен, эпĕ татах та çырăп-ха. Манăн пусра çĕнĕрен те çĕнĕ сăвăсем çураласçĕ».

Çĕнĕрен те çĕнĕ сăвăсен çурални питĕ те аван, анчах ытла нумай сăвăсем çуратиччен сахалтарах та, чипертерех те çырасчĕ, вара Романов, вăрманта ытла васкаса чупнине «такăнатпăр пĕрмаях» тенĕ пек, сăвăра такăнса пымĕччĕ, чĕлхе тутимасине пĕлсе шăкăл-шакăл калаçĕччĕ. Автор ытла васкаса çырнипе çутçанталăка тĕрĕсрех сăнама пĕлмен, çырлапа кăмпа пĕр вăхăтра пулманнине, çырли сулла, кăмпи кĕр енне, йĕпе-сапара ўснине йăлтах манса кайнă.

Григорьевпа Романов иккĕш те пĕр ялтан. Вĕсем хăйсен сăввисене редакцие ярса париччен пĕр-пĕрне вуласа пама пултарнă; пĕрин канашĕ теприне питĕ те юрăхлă пулĕччĕ. Çамрăксем пĕрлешсе литература кружокĕсенче пухăнса калаçни, хăйсен произведенийĕсене сўтсе явни питĕ усă парĕччĕ, çамрăк вăйсене çунатлантарĕччĕ. Мĕншĕн-ха вырăнтах алăпа çырса литература журналĕсем кăлармалла мар? Пур пысăкрах ялсенче те литературăпа чĕлхе вĕрентекенсем çамрăксен сарлака ĕмĕтлĕ ĕçне ертсе пыма, сăвă-юрă техникине вĕрентме пултараççĕ, тивĕçлĕ те. Кружокра хăйсен пултарулăхне кăтартнă çамрăксемшĕн малалла кайма, районĕпе те палăрма районта хаçат пур. Чылай районсенче хаçат редакцийĕсем литературăна юратăнакан çамрăк вăйсем хушшинче питĕ сахал ĕçлеççĕ е хăшĕсем ун çинчен йăлтах манса кайнă, калавсемпе сăвăсем, такмаксемпе фельетонсем кăлармаççĕ. Редакцисем хуçалăхри кадрсене типтерлĕн пăхса ўстерес пирки çăмах пынă чух вырăнти хăшпĕр çынсене тĕрĕссипе тустараççĕ, анчах хăйсен кадрĕсем — корреспондентсем пирки нимĕн те шарламаççĕ, хыпăнса ўкмеççĕ, хăнк та тумаççĕ, редакцисен аппаратĕнче те вырăнта ўссе çитĕннĕ çынсем сахал ĕçлеççĕ.

Çамрăк юлташсен сăввисенче мĕн çитмест? Чи малтанах, сахал вĕренни, чĕлхе культурине пĕлменни. Вĕсен пурин те пурнăç таппине сиссе вĕресе тăракан пысăк туйăм пур, анчах çак туйăма сăвă илемĕпе каласа пама ăсталăх çитмест, хăшпĕрин грамматикăна сирĕп пĕлменни те пур. Культура енчен кая юлса пыракан çын нихçан та, вуншар çул хушши юрăсемпе такмаксем çырса пурăнсан та, литература çулĕ çине тухса çитеймест.

Поэт пулма ĕмĕт тытнă çын пурнăçра мĕскĕн мар, вĕри чĕреллĕ пулмалла, халăх сывлăшĕпе сывламалла, хыçалта тăнкăлтатса пымалла мар.

Сĕн куна, сĕн тĕнчене
Юратса сĕн юрă хутăр,
Кĕрешў ĕçне-вăйне
Хăй чĕрин хĕвелĕ тутăр!—

тенĕ Сеспĕл Мишши, пирĕн хăватлă поэтăмăр.

Çамрăк юлташсем тем çинчен те çыраççĕ, анчах эпĕ редакцие килнĕ сăвăсен пĕр пысăк куппинче ĕç пирки калама ĕмĕтленекен икĕ сăвă кăна тупрăм.

Вăрмар районĕнчи Д. Николаев «Вырмара» ятлă сăввинче хĕрў ĕç вăхăтне кăтартма нимле хĕрўлĕх те тупайман.

Ялти хастар ĕçчен халăх
Тухать хире васкаса.
Пĕтĕм чунăм савăнмалăх
Ларать тырă хумханса.

Нумай çулсем каялла
Тăранмашкăн çемйăпе
Вата хресчен алăпа
Нумай вырнă çурлапа.

Анчах халĕ ун пек мар,
Халĕ çĕнĕ самана.
Вырать халĕ çурла мар,
Хирте ĕçлет машина.

(Вĕçĕ 4-мĕш страницăра).

## Афганистана техникăлла пулăшу парасси çинчен Совет Союзĕпе Афганистан хушшинче тунă килĕшÿ

КАБУЛ, мартăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Мартăн 1-мĕшĕнче Кабул хулинче СССР правительствипе Афганистан королевствин правительстви хушшинче Афганистана унăн экономикине аталантарас ĕçре техникăлла пулăшу парасси çинчен килĕшÿ туса алă пуснă. Халиччен тунă килĕшÿре СССР правительстви Афганистана Америка долларĕпе шутласан 100 миллион доллар укçа кивçен пама пулнăччĕ. Çĕнĕ килĕшÿ тăрăх вара Совет Союзĕ Афганистана çав укçа шучĕпе икĕ гидроэлектростанци, автомашинăсене юсакан висĕ предприяти лартас, Гиндукуш сăрчĕн хысакĕ урлă автомобиль çулĕ хывас, ирригаци сооруженийĕсем, физикăпа хими лабораторийĕ, Баграмра аэродром тăвас тата Кабулри аэродрома çĕнетсе лайăхлатас ĕçсене пурнăçлама техникăлла пулăшу парать.

Афганистанра азотлă удобренисен завочĕ лартассипе çыхăннă шырав ĕçĕсене те Совет организацийĕсем тăваççĕ.

Асăннă предприятисемпе аэродромсене тумалли проектсене хатĕрлеççĕ, вĕсене тума кирлĕ материалсемпе оборудовани параççĕ. Афганистана совет специалисчĕсене яраççĕ. Вĕсем асăннă предприятисене тума, вĕсенче оборудовани вырнаçтарса лартма, çавăн пекех тата Афганистан специалисчĕсене вĕрентсе хатĕрлеме пулăшаççĕ.

## Венгрипе Совет Союзĕ туслăхĕн уйăхлăхĕ

БУДАПЕШТ, мартăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Венгрипе Совет Союзĕ туслăхĕн уйăхлăхĕ пуçланнă май ĕнер Государство опера театрĕнче савăнăçлă лару пулса иртнĕ.

Савăнăçлă ларура çаксем пулнă: Венгрири ĕççыннисен партийĕн Политбюро членĕсемпе Центральнăй Комитет членĕсем, Венгри Халăх Республикин Президиум членĕсем, министрсем, Халăхăн Отечественнăй фрончĕн, Ĕççамрăкĕсен союзĕн, Венгрипе Совет Союзĕ обществин руководителĕсем, производство новаторĕсем, наука, культура тата искусство деятелĕсем, туслăх уйăхлăхне иртерме çĕрте пулма пынă совет делегацийĕн членĕсем.

Ларăва министрсен совечĕн председателĕн заместителĕ, Венгрипе Совет Союзĕ обществин председателĕ Ференц Эрдеи уçнă.

Венгрипе Совет Союзĕнчи халăхсен тăванла çирĕп туслăхĕ çинчен Венгри Халăх Республикин Президиум секретарĕ Иштван Криштоф доклад тунă. Вăл КПСС XX съезчĕ Совет Союзĕн политика, хуçалăх тата культура строительствин опытне пĕтĕçтерни, çав опыт пите пысăк усăлла пулни çинчен каланă. Венгрин мĕнпур патриочĕсене, Совет Союзĕн мĕнпур туссене çав опыта Венгрире социализм тăвас ĕçре анлăн пурнăçласа пыма чĕннĕ.

Савăнăçлă ларура Совет делегацийĕн членĕ Совет Союзĕн Геройĕ А. П. Маресьев саламлă сăмах туха каланă, ларăва пухăннисем ăна ăшшăн кĕтсе илнĕ.

### *Польшăра атом енĕпе ĕçлеме специалистсем хатĕрлеççĕ*

ВАРШАВА, мартăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Хаçатсем çакăн çинчен пĕлтереççĕ: Польша Наука академийĕн тĕпчев ĕçĕсен институчĕ атом энергийĕпе мирлĕ тĕллевсене пурнăçлама усă курас тĕлĕшпе ĕçлеме специалистсем хатĕрлессине ăнлă сарать. Институт çумĕнче усă курора промышленноçăн тĕрлĕ отраслĕсенчи инженерсемпе наука работникĕсем ядерлă физикăпа химие, çавăн пекех тата радиоактивлă изотопсемпе усă курма вĕренеççĕ. Çак курсенче институт çумĕнче атом энергийĕпе промышленноçра усă курма вĕренекен инженерсен пысăк ушкăнĕн занятийĕсем пуçланнă. Çакă вăл—институт çумĕнче юлашки вăхăтра организациленĕ пилĕкмĕш ушкăн. Сывăх вăхăтра институт химиксем, биологсем тата ялхуçалăх органĕсен работникĕсем валли ятарласа курссем организацилеме шутлать.

Çак институт сотрудникĕсем ушкăнĕ Совет Союзĕнчен таврăнни, унта ку ушкăн атом реакторĕ тăвас тĕлĕшпе ĕçлеме вĕренни çинчен хаçатсем пĕлтереççĕ.

## Болгари халăхĕн уявĕ

СОФИЯ, мартăн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Мартăн 3-мĕшĕнче Болгари халăхĕ Болгарие Турци пусмăрĕнчен хăтарнăранпа 78 çул тултарнине паллăртнă. Çак уяв çинчен пур хаçатсем те уйстатьясем пичетлесе кăларнă.

Болгари пусмăртан хăтăлнăранпа 78 çул тултарнă ятпа клубсемпе культура çуртĕсенче савăнăçлă пухусем пулса иртнĕ. Памятниксем умне тата вырăс воинĕсен вилтăприсем çине чечек кăшăлĕсем хунă. Халăх çарĕн Центральнăй музейĕ Болгари пусмăртан хăтăлнăранпа 78 çул тултарнине паллăртса уяв ирттернĕ.

## *Китай уй-хирĕсенче*

ПЕКИН, мартăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Китайăн кăнтăрти провинцийĕсенче уй-хирте суркин ĕççен пуçланнă. Сĕрпыйăв ытти провинцийĕсенче суракине хатĕрлесе çитнĕ. Хресченсен ялхуçалăх кооперативĕсен тăвассипе вĕрешесен анлă сарăлнă май вĕсен активлăхĕ ÿсрĕ, çакă суракине вĕсkерех срокра, пĕлтĕрхинчен маларах, туса пĕтерме пулăшать, тенĕ Китай Халăх Республикин Ялхуçалăх министерствин апат-çимĕç культурисен управленийĕн начальникĕн заместителĕ Ван Чжи-мин ТАСС корреспонденчĕпе калаçнă чухне.

Тырпула шăварса ÿстермелли çĕр лаптăкĕсене пысăклатас тĕлĕшпе кăллехи вăхăтра пысăк ĕçсем туса ирттернĕ. 1955 çулхи ноябрьтен пуçласа ирригаци сооруженийĕсем нумай тунă, çакă вара тырпула шăварса ÿстермелли çĕр лаптăкĕсен хисепне 50 миллион му (пĕр му—0,06 гектар шутланать) чухлĕ пысăклатма май панă.

Суракине хатĕрленнĕ май уй-хире удобренисем тăкса çемçетме хытă тăрăшнă. Кăçал уй-хире удобренисем пĕлтĕрхинчен нумайрах кăларнă. Сĕрпыйри нумай районсенче суракине аван сортлă вăрлăхсем хатĕрленĕ. Çак ĕçре хресченсене государство нумай пулăшнă. Вăл хресченсене сортлă вăрлăхсем 182 пин тонна панă.

Китайри хресченсен суракине хатĕрлес тĕлĕшпе питĕ хастарлă ĕçлерĕç, çакă вара ялхуçалăхĕнчи тĕп ĕçсене вăхăтра тата лайăх туса ирттерме, пысăк тухăçлă тырпул туса илмешкĕн нимĕç хывма май парать, тенĕ илмашанăчен Ван Чжи-мин.

## Кристиан Пино тухса калани

ПАРИЖ, мартăн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Парижра Англипе Америкăн пичет ассоциацийĕнче пулнă ирхи апатланура Франци ют çĕршывĕн ĕçĕсен министрĕ Кристиан Пино пысăк сăмах тухса каланă. Хăйĕн сăмахĕнче вăл тĕнчери хальхи вăхăтри лару-тăрăвăн пысăк та кирлĕ ыйтăвĕсене хускатнă. Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Пино çапла каланă: «вăрçă тата мир ыйтăвĕсенче эпĕ хĕвеланăçĕнчи çĕршывсен политикине начар килĕшместĕп», тенĕ. Хĕвеланăçĕнчи державăсем «çар вăйĕ çине кăна шанса тăраççĕ» пулсан, вĕсем, Пино каланă тăрăх, йăнăш тăваççĕ, ун пек чухне Хĕвеланăç хăйĕн позицийĕсене çухатать, мĕншĕн тесен «коммунистсем пуринчен ытларах мирлĕ пропаганда енĕпе ĕçлеççĕ». Общественноçть, тенĕ Пино, ыйтусене вăрçăпа тата парасси çинчен калакансене мар, мирлĕ решенисем сĕнекенсене ырлать.

Хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсем тĕлĕшпе, тенĕ малалла Пино, икĕ позици кăна пулма пултарать: е вĕсене хирĕç пĕтĕм вăйпа вăрçă вăрçма тивнĕ пулĕччĕ, ку политикăна пăрахăçларĕç, унтăн эпĕ хавас; е вĕсемпе килĕштерсе ĕçлесе пурăнма тăрăшмалла... Эпĕ хамăрăн туссене—акăлчансемпе американецсене тулашри политикăна улăштарма кирлĕ тесе ĕнентерес шĕн. Вăрçа политикине халăхсем сиплерĕç. Халĕ ĕнтĕ пирĕн тĕрĕслĕх, пĕртанлăх тата ирĕклĕх идеалĕ çĕнтертĕр тесе, мир политикин тытса пымалла».

Кристиан Пино малалла çапла каланă: Франци Хĕвелтухăçпе Хĕвеланăçне сыхăнтарса тăракан пулма пултарĕччĕ, вăл май килнĕ чухне тĕнчери çĕршывсен канашлăвне пухма ялан хăмăл тăнĕ. Ку канашлусенче, тенĕ Пино, Франци «Хĕвелтухăçпе Хĕвеланăçĕн позицийĕсене тĕплĕн шута илекен» решенисемшĕн тăрĕ.

Пино çакăн çинчен аса илтернĕ: Франци министрĕсен совечĕн председателĕ Ги Молле хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе çитĕнÿсем тунă хыççăн тин Германие пĕрлештерес ыйтăва сÿтсе явмашкăн тытăнма сĕнет.

Кристиан Пино çакна та асăннă: Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн Комиссийĕн Подкомитетĕнче Франци представителĕ пулса ĕçлекен Жюль Мока эпĕ Эйзенхауэр президентăн, Антони Иденăн, Эдгар Форăн тата Н. А. Булганинăн сĕнĕвĕсене пĕтĕçтерекен проект çырса хатĕрлеме хушрăм. «Подкомитетра эпир çав проекта хÿтĕлĕпĕр», тенĕ Пино.

Малалла вăл Çывăх Хĕвелтухăçĕнчи лару-тăру çинчен сăмах хускатнă, хăшпĕр ыйтусем, çав шутра Багдад пакчĕ çинчен тăракан ыйту пирки Францие канашласа пăхманшăн пăшăрханса каланă.

Франципе Кăнтăр Вьетнам хушшинчи хутшăнусенчи йывăрлăхсене пула, çак çĕршывра США наманийĕ вăйланнине пула Индо-Китайри лару-тăру йывăрланчĕ. Эпĕ американецсене ÿпкелесе каласшăн мар, анчах «вĕсен хăйсен хăмăл çук çĕрте усал ĕç тăваççĕ», тенĕ Пино. Анчах та, тенĕ Пино, США Францие хирĕç пырса, Кăнтăр Вьетнамăн хальхи правительствине пулăшрĕ. Çак правительство Франци [illegible] хытан илсе тухмаллине ыйтать.

Кристиан Пино çапла каланă: хăшпĕр çĕршывсем Индо-Китай пирки çĕнĕ канашлу пухма сĕнеççĕ. Франци ку сĕнÿ çине тăрăшсах пăхмасть, анчах канашлăва США-па Кăнтăр Вьетнам та хутшăнмалла, тесе шутлать. Анчах çак икĕ çĕршыв ун пек канашлăва хутшăнасшăн мар, тенĕ Пино.

Юлашкинчен Пино Сурçĕр Африка ыйтăвĕсем çинче чарăнса тăнă.

Правительство пуçлăхĕпе Ги Моллепе пĕрле вăл Мускава пыни практикăра мĕн курасси çинчен ыйту парсан, Пино çак ыйту çине ответлесе çапла каланă: кунта тачă сыхăнасси çинчен сăмах пырать. «Эпир, сăмахран,—тенĕ вăл,—экономикăпа культура ыйтăвĕсене пăхса тухăпăр. Пирĕн икĕ çĕршыв хушшинче юлашки çулсенче тухса тăнă хăшпĕр чăрмавсене сирсе пăрахма май килсен, ку ĕçе тума эпир хапăл тусах килĕшĕпĕр».

Хĕвеланăçĕпе Хĕвелтухăç хушшинчи хутшăнусем енĕпе хĕвеланăçĕнчи çĕршывсем юлашки вăхăтра тунă йăнăшсен тĕслĕхне илсе кăтартса, Пино тинĕç-çарĕсен Сиам заливĕнчи маневрĕсем çинчен аса илтернĕ.

«Атом ĕмĕрĕнче çак тинĕç карап тĕнчене Хĕвеланăç тытса тăма пултарнă пек кăтартма пултараççĕ тесе шутлатăр-и эсир?—тенĕ вăл.—Булганин маршалпа Хрущев господин, Азири çĕршывсене кирлĕ тĕрлĕ пулăшу сĕнсе, уйрăмăн илсен, экономика енĕпе пулăшу сĕнсе, маларах асăннă тинĕçри маневрсенчен нумай пахарах ĕç тăваççĕ. Хĕвеланăçĕ мирлĕ сĕнÿсем енĕпе тăрăшса ĕçлемесен, пире пропаганда тата политика енĕпе çапса хуçĕç».

## Франци Мароккăн никама пăхăнманлăхне йышăнать

### ФРАНЦИПЕ МАРОККО ПĔРЛЕ ТУНА ЗАЯВЛЕНИ

ПАРИЖ, мартăн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, паян Франципе Марокко пĕрле тунă заявлени пичетленсе тухнă. Çак заявленире Франци правительстви Мароккăн никама пăхăнманлăхне, Марокко çĕршывĕн хăйĕн дипломатийĕпе çарĕ пулассине йышăнни çинчен каланă.

Франципе Марокко пĕрле тунă заявлени çумне хушса çырнă протоколта: Франци Мароккăри çарĕсен хальхи прависем халăхе, çĕнĕ йĕрке туса пынă тапхăрта, çаплипех юлаççĕ, тенĕ.

Франци Мароккăри представительне малашне Франци верховнăй комиссарĕ тесе калама йышăннă.

Франципе Марокко пĕрле тунă заявлени çумне хушса çырнă протоколта Мароккăра законсем кăлармалли власть султан аллинче пулассин çинчен каланă. Султан аллинче наци çарĕ пулать, Франци çав çара пухса йĕркелеме пулăшать.

## *Даллес конгресс комиссийĕнче тунă заявлени*

ВАШИНГТОН, мартăн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер представительсен палатин бюджет комиссийĕнче государство секретарĕ Даллес суту-илÿ енĕпе килĕштерсе ĕçлемелли организаци (ОТС) туса хурасси çинчен каланă. Ку ыйту тăрăх килĕшÿ тăвасси çинчен 35 правительство хушшинче пуçланнă калаçусем 1955 çулхи çуркунне вĕçленчĕç, çак организацие туса хунине тата унта США хутшăннине конгресăн хальхи сессийĕн ырламалла.

Даллес çапла каланă: çĕнĕ организаци вăл «пирĕн пĕр-пĕрин хушшинчи суту-илÿ программинчен» Америка экономикине «чи пысăк усă кÿмелле тума кирлĕ. Организаци суту-илÿ ыйтăвĕсенче тĕнчери çĕршывсене килĕштерсе ĕçлеме пулăшĕ». Государство секретарĕ çакна палăртнă: ОТС çинчен калакан килĕшÿре «Америка тарифĕсене е суту-илÿ енĕпе тăвакан ытти ĕçсене улăштараканни е улăштарма пултараканни нимĕн те çук», ОТС «суту-илÿ ыйтăвĕсенче суту-илÿ политикин ыйтăвĕсем енĕпе кăна ĕçлемелле пулать».

Совет Союзĕ государствăсем хушшинче экономика енĕпе мирлĕн килĕштерсе ĕçлесе пурăнмалли политика тытса пынине пула тĕнчери çĕршывсем хушшинчи хутшăнусенче пысăк улшăнусем пулса пынине Даллесăн ирĕксĕрех йышăнма тивнĕ.

Хĕвеланăçĕнчи çĕршывсенчи халăхсем çак политикăна питĕ кăмăлланине йышăннипе пĕрлех, государство секретарĕ ăна пăсса кăтартма, вăл «тĕнчери коммунизмăн экономика фронтĕнчи стратегийĕ пулса тăнă пек кăтартма хăтланнă. Экономика енĕпе тачă çыхăнса ĕçлесси çинчен Совет Союзĕ панă сĕнÿсем пирки хаçатсем нумай кунах çыраççĕ, тенĕ Даллес. Вăл каланă тăрăх, хăшпĕр çĕршывсем çапла тачă çыхăнса ĕçлеме килĕшесе кăрушăх пуль, мĕншĕн тесен «вĕсен харпăр хăй халăхĕн пурнăçне лайăхлатас кăмăлĕ питĕ пысăк». Даллес каланă тăрăх, экономика енĕпе тачă çыхăнса ĕçлени «ку çĕршывсемшĕн хăрушлăх туса хума» пултарать имĕш.

## Германири рабочи класăн кĕрешÿри пĕрлĕхĕшĕн

БЕРЛИН, мартăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Лейпцигра Пĕтĕм Германири профсоюзсен конференцийĕ пулса иртнĕ. Унта Германин икĕ пайĕнчен те профсоюзсен работникĕсем тата профсоюзсен рядовой членĕсем пухăннă. Конференци пурте пĕр шухăшлă пулса йышăннă резолюцире Хĕвеланăç Германие ремилитаризацилес политикăна тытса пынине сивленĕ, ăна халăха хирĕçле ĕç тесе шутланă.

Хĕвеланăç Германири нумай рабочисем: хальхи лару-тăрура мĕнле тухмалла-ха? тесе ыйту параççĕ, — тенĕ резолюцире.— Çакăн пек лару-тăрура миршĕн çине тăрса кĕрешнине тухма пулать. Çакă вăл Хĕвеланăç Германие ремилитаризацилессине хирĕç, унтан Сурçĕр Атлантика блокĕн (НАТО) çар бази туса хурассине хирĕç Хĕвеланăç Германири рабочисемпе профсоюз членĕсем тата Демократиллĕ Германи Республикинчи рабочисемпе профсоюз членĕсем пĕрлешсе татăклăн кĕрешмеллине пĕлтерет.

Резолюцире нимĕç рабочи класĕн миршĕн, Хĕвеланăç Германири ĕççыннисен прависемшĕн пĕрлешсе кĕрешме кирли çинчен каланă.

### СОВЕТ СОЮЗĔ ВАЛЛИ ГРУЗ ТУРТТАРМАЛЛИ КАРАП ТУНА

ПАРИЖ, мартăн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Совет Союзĕн заказне пурнăçласа Бордори судниксем тăвакан «Жиронда» текен верфьре груз турттармалли «Иван Сеченов» ятлă карап тунă, ăна ĕнер шыв çине антарнă.

### АНГЛИ СУТУ-ИЛЯ КАРАПНЕ ЧАНКАЙШИСТСЕМ ТАПАННА

ЛОНДОН, мартăн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Юлашки вăхăтра Англии Китай Халăх Республики çыранĕсем çывăхĕнче çÿрекен суту-илÿ судниsене час-часах чанкайшистсем тапăнаççĕ.

Рейтер агентствин корреспонденчĕ Гонконгран пĕлтернĕ тăрăх, ĕнер Байцюаньдао утравĕ çине вырнаçнă чанкайшистсен батарейисем Англин «Доринтия» ятлă суту-илÿ карапне тупăсемпе пенĕ. Çав карап Шанхая пайпа тухнă, тесе шутлаççĕ.

## Тиййăмпа ăсталăх

(Вĕçĕ. Пуçламăшĕ 3-мĕш страницăра).

Николаев кунта ĕç çине поэзи куçĕпе пăхман, ĕç хавасланне туйса илмен, çавăнпа та сăвă шăранса тухман.

Константин Иванов ĕлĕкхи саманара çавапа утă çулнине кăтартнă чухне асрах кайми сăнсем тупнă, вăл чăннипех те хăй аллипе çава тытни сисĕнет.

Чăваш кĕпи улача,
Хир варринче кăн-кăвак.
Ĕçчен чăваш вăкăр пек,
Юрла-юрла ĕç тăвать.

Тăрать шурăмпуçĕпе,
Ирех хире вăл тухать.
Кăшт-кашт апат тăвать те
Çутă çава вăл йăтать.

Учук хыççăн чăвашсем
Айкашрĕçĕ хирсенче.
Валем, купа, капансем
Ларчĕç улăх варринче.

Кунта эпир чăваш тумне, йывăр ĕçре юрланине те, çава вашлатнине те сисетпĕр, мĕншĕн тесен Константин Иванов пысăк туйăма ăста кăтартма пĕлнĕ. Кăна çырнă чухне Иванов те вунçиччĕре кăна пулнă. Çакна асăнни пирĕн хăшпĕр юлташсене кÿрентерет пулсан та, каласах пулать, мĕншĕн тесен пирĕн сăвă çыракан çыннсем хăйсен [illegible] çамрăклăх çылăхĕ вырăнне хурса касарма ыйтаççĕ. Кунпа пĕтĕмпех килĕшме, çапла вара писсе çитмен сăвăсене те кăларса яма юрамасть. Çамрăксем хăйсен сăввисене пичетлеме тархасласа ыйтнă çырусемпе пĕрлех редакцие тепĕр тĕрлĕ çырусем те кило-килех тăраççĕ.

«Хисеплĕ редакци,—тесе çырать Чăваш республикинчен инçетри хулара вĕренекен Н. Максимов,—эсир кăмăла каймалли, янраса тăракан сăвăсене час-часах пичетлесе кăларăр. Вĕсене питĕ те вулас килет, пуланă чух хам çуралса ÿснĕ çĕрĕн илемлĕхĕ умма тухса тăтăрччĕ».

Пирĕн çамрăк юлташсем ун пек хăватлă сăвă-юрăсем çырма пултараççех, татти сыпписĕр тăрăшса пыни, хăйсен илемлĕ туйăмне янравлă сăвă йĕркисенче сарналăк пек шăрантарса каласа пама ăсталăх, ăсталăх тата тепĕр хут ăсталăх кирлĕ. Ăстан тупма пулать çакă хаклăран та хаклă ăсталăха?

Урокмен çыншăн ăсталăх çулĕ халĕ яруçă. Кирек хăш яла илсен те, библиотека пур. Вырăссен тата тĕнчери халăхсен классикĕсен, хальхи совет писателĕсен кĕнекисем вĕсен умĕнче—тĕплĕн вула, хăшпĕр кĕнекене пĕрре мар, темиçе хут та вула! Аслă писательсем хăйсен произведенийĕсене епле çырни çинчен тишкерсе каласа паракан кĕнекесем те нумай, ку ыйтусем пирки шкулти педагогсем те каласа пам ... параççĕ.

Çапла ĕçлесе вырсан кăна пысăк йывăрлăхра çăмăл янракан илемлĕ сăвă суралать. Çуралнă сăвва тепĕр хут ахаттамалла, касккаланалла—ваттисем, пура турпасĕр пулмасть, тенĕ. Çамрăк юлташсем редакцие нумай чухне турпассене кăна яраççĕ, «турлетĕр» теççĕ, çапла вара конвертра турпассенчен сăвă çурчĕ тума ыйтаççĕ. Чăн-чăн диссе çитнĕ сăвăсем валли хаçатра ăранах вырăн пур. «Эпир те юрă юрланă чух юрă ăсти пуçне пăркалать»,—авалхи юрăра каланă пек, редакцире ĕçлекенсем лайăх сăвăсем илнĕ чухне тĕлĕнсе кайнипе пуçĕсене пăркаласа ларччăр, татах та хитрисем килессе кĕтчĕр.

Якоа УХСАЙ.

## ПОЛОЖЕНИЙĔ

### Йĕлтĕрçĕсен „Коммунизм ялавĕ" хаçатăн куçса çÿрекен парнисене илмелли эстафетăлла ăмăртăвĕн

I.

Йĕлтĕрçĕсен «Коммунизм ялавĕ» хаçатăн куçса çÿрекен парнисене илмелли эстафетăлла ăмăртăвне кашни çулах хĕллехи спорт сезонĕ вĕçленнĕ ятпа ирттереççĕ.

II.

Эстафетăлла ăмăрту 1956 çулхи мартăн 18-мĕшĕнче пулать. Вăл Атăлăн сылтăм çыранĕнче, ДОСААФ клуб çывăхĕнче ирхине 11 сехетре пуçланать.

III.

Йĕлтĕрçĕсен эстафетăлла ăмăртăвне предприятисемпе шкулсен, вырăнсенчи физкультура коллективĕсен, хĕрсемпе çитĕнсе çитнĕ арçын ачасен, хĕрачасемпе арçын ачасен командисем хутшăнаççĕ. Ăмăртăва Шупашкар хулинче пурăнакан физкультурниксемпе физкультурницăсен командисем çеç хутшăнма пултараççĕ.

IV.

Предприятисемпе шкулсенчи тата вырăнсенчи физкультура коллективĕсен, хĕрсемпе çитĕнсе çитнĕ арçын ачасен, хĕрачасемпе арçын ачасен командисене висĕ вырăнта пĕр вăхăтра старт параççĕ.

V.

Командăсенче çакăн чухлĕ йĕлтĕрçĕ пулмалла:

предприятисемпе шкулсенчи командăсем енĕпе 10 çын (5 арçын тата 5 хĕрарăм);

вырăнсенчи физкультура коллективĕсен командисем енĕпе 5 çын (3 арçын тата 2 хĕрарăм);

хĕрсемпе çитĕнсе çитнĕ арçын ачасен тата хĕрачасемпе арçын ачасен командисем енĕпе — кашни командăра 5-шер çын.

Утă ушкăнти командăсем енĕпе те пĕр вăхăтра старт параççĕ (пĕрремĕшпе иккĕмĕш ушкăнсем енĕпе илсен, малтан хĕрарăмсем, унтан—арçынсем чупаççĕ т. ыт. те).

Йĕлтĕрçĕсен çак дистанцие чупса тухмалла:

| | |
|---|---|
| арçынсем | 5 километр; |
| хĕрарăмсем | 3 километр; |
| арçын ачасем | 2 километр; |
| хĕрачасем | 1 километр. |

VI.

Пур этапсене те хăвăрт чупса тухнă команда йĕлтĕрçĕсен эстафетăлла ăмăртăвĕнче çĕнтерсе мала тухнă шутланать.

VII.

Пĕрремĕш ушкăн енĕпе мала тухнă командăна куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялав, ытти ушкăн енĕпе мала тухнисене—куçса çÿрекен вымпелсем параççĕ.

VIII.

Йĕлтĕрçĕсен эстафетăлла ăмăртăвне хутшăнма заявкăсене физкультурăпа спортăн хулари комитетне мартăн 16-мĕшĕнчен кая юлмасăр памалла.

ОРГКОМИТЕТ.

## Йĕлтĕрçĕсен ăмăртăвĕсем

Çак кунсенче Шупашкарта «Спартак» спорт обществи енĕпе республикăра мала тухмалли хĕллехи спартакиада пулса иртрĕ. Икĕ кун хушши ăмăртнă хыççăн, командăсем енĕпе илсен, Шупашкарти «Кооператор» артель йĕлтĕрçисем мала тухрĕç. Хĕрарăмсен командисем хушшинче Шупашкарти «Победа», арçынсен командисем хушшинче — Сĕнтĕрвăрринчи профтехшкул командисем пĕрремĕш вырăнсене йышăнчĕç.

Уйрăм спортсменсене илсен, Сĕнтĕрвăрринчи профтехшкул командинчи Евгений Носов йĕлтĕрçĕ икĕ дистанци енĕпе те мала тухрĕ. Вăл 30 километр хушшине 1 сехет те 54 минут та 29 секундра тухрĕ. Ку вăл пĕрремĕш разряд результачĕпе танлашать. 15 километр хушшине Носов юлташ 1 сехет те 1 минут та 31 секундра тухрĕ.

Шупашкарти «Кожупряжь» артельте ĕçлекен Виктор Хрипков, 10 километра 41 минут та 37 секундра тухса, пуринчен те лайăх тĕслĕх кăтартрĕ.

Хĕрарăмсем хушшинче 10 километр хушшине Сĕнтĕрвăррринчи «Портной» артельте ĕçлекен Зоя Смирнова пуринчен малтан чупса тухрĕ. Унăн вăхăчĕ 45 минут та 56 секунд. Смирнова юлташ çавăн пекех, 8 километра 40 минутра тухса пахa тĕслĕх кăтартрĕ. «Вперед» артельте ĕçлекен Антонина Шебаршова 5 километр хушшине 25 минут та 52 секундра чупса тухрĕ.

Слаломистсем хушшинче М. Нагоркинăпа (Канашри «Швейник» артель) Б. Орлов (Шупашкар) мала тухрĕç.

Мала тухнă командăсемпе уйрăм спортсменсене дипломсемпе хаклă парнесем панă.

### *Пĕлтерни*

Мартăн 6-мĕшĕнче, каçхине 7 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотекинче политикăлла экономие вĕренекенсем валли: «Политикăлла экономи учебникĕн иккĕмĕш кăларăмĕ» тема тăрăх лекци пулать. Лекторĕ—экономикăлла наукăсен кандидачĕ П. Л. Лебедев юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.

### КИНО

«РОДИНА». Мартăн 6-мĕшĕнче кăнтăрлахи сеанссене çĕнĕ илемлĕ фильм «Мать», каçхи сеанссенче—Италире туса кăларнă çĕнĕ илемлĕ фильм «Утраченные грезы»; концертсен залĕнче каçхине 10 сехет те 30 минутра илемлĕ фильм «Жюльетта».



## СССР халăх хуçалăхне юсаса аталантармалли виççĕмĕш государство заемĕ

### 15-мĕш выляvра тухнă облигацисене тĕрĕслемелли

### ТАБЛИЦА

Выляв тиражĕ 1956 çулхи февралĕн 25-мĕшĕнче Кировоград хулинче пулнă.

Заемăн мĕнпур разрячĕсенчи серисемпе облигацисен çак номерĕсем çине выигрыш тухнă:

| Серя №№ | Облигаци №№ | Мăсе тенкĕ | Серя №№ | Облигаци №№ | Мăсе тенкĕ | Серя №№ | Облигаци №№ | Мăсе тенкĕ | Серя №№ | Облигаци №№ | Мăсе тенкĕ |
|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|---|
| 040107 | 05*) | 1.000 | 045375 | 19*) | 1.000 | 050303 | 1—50 | 200 | 055565 | 30*) | 5.000 |
| 040315 | 06*) | 1.000 | 045539 | 30*) | 1.000 | 050582 | 1—50 | 500 | 055588 | 19*) | 1.000 |
| 040359 | 1—50 | 500 | 045589 | 01*) | 1.000 | 050704 | 02*) | 1.000 | 055751 | 1—25 | 200 |
| 040585 | 10*) | 1.000 | 045707 | 18*) | 5.000 | 050760 | 23*) | 1.000 | 055782 | 1—50 | 200 |
| 040667 | 1—50 | 500 | 045757 | 1—50 | 200 | 050858 | 1—50 | 200 | 055827 | 1—50 | 200 |
| 041097 | 05*) | 1.000 | 045800 | 14*) | 1.000 | 051065 | 29*) | 1.000 | 055838 | 08*) | 1.000 |
| 041247 | 09*) | 1.000 | 046311 | 28*) | 1.000 | 051267 | 1—50 | 200 | 055954 | 46*) | 1.000 |
| 041270 | 02*) | 1.000 | 046342 | 1—50 | 500 | 051408 | 47*) | 5.000 | 055986 | 08*) | 1.000 |
| 041416 | 05*) | 1.000 | 046458 | 24*) | 1.000 | 051556 | 28*) | 1.000 | 056010 | 40*) | 5.000 |
| 041541 | 11*) | 5.000 | 046494 | 1—50 | 500 | 051621 | 1—50 | 200 | 056356 | 07*) | 1.000 |
| 041661 | 44*) | 1.000 | 046513 | 1—50 | 500 | 051831 | 32*) | 1.000 | 056532 | 30*) | 1.000 |
| 041688 | 1—50 | 500 | 046758 | 1—50 | 500 | 051909 | 14*) | 10.000 | 056577 | 24*) | 1.000 |
| 041817 | 1—50 | 500 | 046771 | 24*) | 1.000 | 051919 | 24*) | 1.000 | 056619 | 14*) | 5.000 |
| 041957 | 32*) | 1.000 | 046946 | 1—50 | 200 | 051936 | 1—50 | 500 | 056810 | 1—50 | 500 |
| 042036 | 1—50 | 200 | 047065 | 07*) | 1.000 | 052057 | 44*) | 5.000 | 056996 | 03*) | 10.000 |
| 042168 | 28*) | 1.000 | 047098 | 08*) | 1.000 | 052181 | 31*) | 1.000 | 057064 | 1—50 | 200 |
| 042215 | 16*) | 1.000 | 047390 | 45*) | 1.000 | 052194 | 1—50 | 200 | 057291 | 1—50 | 200 |
| 042421 | 05*) | 1.000 | 047567 | 44*) | 50.000 | 052446 | 05*) | 1.000 | 057687 | 29*) | 1.000 |
| 042458 | 1—50 | 500 | 047656 | 44*) | 1.000 | 052719 | 16*) | 1.000 | 057934 | 32*) | 1.000 |
| 042570 | 02*) | 1.000 | 047809 | 20*) | 1.000 | 052851 | 1—50 | 500 | 057942 | 1—50 | 200 |
| 042597 | 38*) | 1.000 | 047881 | 05*) | 1.000 | 053105 | 24*) | 1.000 | 057955 | 06* | 25.000 |
| 042778 | 08*) | 1.000 | 047917 | 34*) | 5.000 | 053336 | 40*) | 1.000 | 057958 | 09*) | 1.000 |
| 042821 | 02*) | 1.000 | 048045 | 12*) | 1.000 | 053339 | 22*) | 5.000 | 058087 | 20*) | 1.000 |
| 042850 | 25*) | 1.000 | 048147 | 33*) | 1.000 | 053591 | 05*) | 1.000 | 058262 | 1—50 | 200 |
| 042870 | 19*) | 1.000 | 048205 | 1—50 | 200 | 053664 | 1—50 | 500 | 058615 | 30*) | 1.000 |
| 043065 | 32*) | 10.000 | 048311 | 1—50 | 500 | 053742 | 08*) | 1.000 | 058735 | 45*) | 1.000 |
| 043069 | 36*) | 1.000 | 048381 | 32*) | 1.000 | 053778 | 1—50 | 500 | 058836 | 09*) | 1.000 |
| 043147 | 32*) | 1.000 | 048441 | 1—50 | 200 | 054087 | 1—50 | 500 | 058905 | 14*) | 10.000 |
| 043367 | 48*) | 1.000 | 048584 | 1—50 | 200 | 054145 | 16*) | 1.000 | 059066 | 19*) | 1.000 |
| 043388 | 1—50 | 200 | 048668 | 08*) | 1.000 | 054189 | 21*) | 1.000 | 059158 | 24*) | 1.000 |
| 043493 | 1—50 | 500 | 048716 | 18*) | 1.000 | 054268 | 45*) | 1.000 | 059192 | 1—50 | 200 |
| 043558 | 19*) | 1.000 | 048850 | 50*) | 1.000 | 054332 | 07*) | 5.000 | 059226 | 08*) | 1.000 |
| 043743 | 38*) | 1.000 | 048852 | 44*) | 1.000 | 054404 | 16*) | 1.000 | 059334 | 38*) | 1.000 |
| 043880 | 35*) | 1.000 | 048937 | 13*) | 1.000 | 054456 | 36*) | 1.000 | 059336 | 06*) | 1.000 |
| 043903 | 1—50 | 500 | 049019 | 05*) | 1.000 | 054799 | 29*) | 10.000 | 059433 | 1—50 | 200 |
| 043946 | 1—50 | 200 | 049093 | 41*) | 1.000 | 055046 | 1—50 | 200 | 059641 | 1—50 | 200 |
| 044000 | 1—50 | 500 | 049224 | 1—50 | 200 | 055237 | 12*) | 1.000 | 059666 | 50*) | 1.000 |
| 044158 | 1—50 | 200 | 049464 | 05*) | 1.000 | 055257 | 08*) | 1.000 | 059712 | 48*) | 1.000 |
| 044825 | 22*) | 1.000 | 049618 | 08*) | 1.000 | 055311 | 46*) | 1.000 | 059805 | 41*) | 1.000 |
| 044902 | 29*) | 1.000 | 050099 | 1—50 | 200 | 055317 | 1—50 | 200 | 059910 | 07*) | 1.000 |
| 045011 | 25*) | 1.000 | 050182 | 19*) | 1.000 | 055348 | 10*) | 1.000 | 059918 | 11*) | 25.000 |
| 045210 | 1—50 | 200 | 050295 | 04*) | 1.000 | 055488 | 46*) | 1.000 | 059941 | 1—50 | 200 |

*) Çак сери кĕрекен облигацисен ытти 49 номерĕ 200-шер тенкĕ выляса илнĕ.

ЧĂВАШ АССР ПЕРЕКЕТ КАССИСЕМПЕ ГОСУДАРСТВО КРЕДИЧĔН УПРАВЛЕНИЙĔ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство, кантурĕ—0-23.

НТ 08064 Типографи № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 946. Тираж 37.000 экз.